Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 10 шаматкун № 198 (9107)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Çĕрулми тата пахча çимĕç туса илессине ўстерессишĕн

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленире пысăк задача лартрĕ: çитес 2—3 çул хушшинче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине нумай ўстермелле, çапла вара хуласемпе промышленность центрĕсенче пурăнакансен, чĕртавартан продуктсем туса кăларакан промышленноçăн ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ кăна мар, тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмешкĕн те çителĕклĕ таран çĕрулми туса илмелле. Çак задачăна пурнăçа кĕртес ĕçре СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «1953—1955 çулсенче колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ўстермелли мерăсем çинчен тата вĕсене хатĕрлесси çинчен» йышăннă постановлени пысăк вырăн йышăнать. Кунта çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ўстермелли майсене тĕплĕн кăтартса панă, вĕсене пăхса çитĕнтерес тата кăларса пухас ĕçсене механизацилеме палăртнă.

Государство колхозсемпе совхозсене çĕрулми тата пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе пысăк пулăшу парать. Машина-трактор станцийĕсем кучухнехи вăйлă техникăпа çултан-çул пуянланса пыраççĕ. Кашни колхозра ялхуçалăх специалисчĕ пулать. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрлемелли хаксене чылай ўстернĕ.

Партипе правительство ялхуçалăхне аталантарассишĕн тăрăшнипе хавхаланса, колхозсемпе механизаторсем çĕрулмипе пахча çимĕçсене вăхăтра, тăкаксăр пухса кĕртессишĕн, государствăна памалли плана срокчен тултарассишĕн вăйя хурса кĕрешеççĕ, Тăван çĕршыв валли апат-çимĕç çителĕклĕ хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Елчĕк районĕнчи колхозсем çĕрулмине пĕтĕмпех кăларса пĕтерне, государствăна обязательство тăрăх парса татма хатĕрлев пунктĕсене çĕрулми леççĕ. Çав вăхăтрах вăрлăх фончĕ уйăраççĕ, выльăхсем валли хатĕрлеççĕ. Чкаловски, Первомайски, Муркаш, Комсомольски районĕсенчи колхозсем те çĕрулми кăларас ĕçе çак кунсенчех вĕçлеççĕ.

Анчах республикăри нумай колхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕç пухса кĕртес ĕç çителĕксĕр пулса пырать. Иртнĕ çулта хăшпĕр районсенче çĕрулмине хире хăварнисем те пулнă. Çак йăнăш кăçал пулмалла мар. Вăрнар районĕнчи чылай колхозсем çакна шута илмеççĕ. Чапаев ячĕпе, Маленков ячĕпе, Крупская ячĕпе тăракан тата «Память Ленина» колхозсенче çĕрулми сахал кăларнă. Государствăна пама пуçламан. Маленков ячĕпе тата Жданов ячĕпе тăракан колхозсенче çĕрулми кăларас ĕçре машинăсемпе усă курма тăрăшмаççĕ. Вăрнар райисполкомĕн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн специалисчĕсем ытларах канцеляринче ларса ирттереççĕ. МТС руководителĕсем çĕрулми кăлармалли çĕнĕ машинăсемпе ĕçлеме механизаторсем çителĕклĕ хатĕрлесе çитермен.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес ĕçри çитменлĕхсем пуринчен ытларах колхоз руководителĕсем çак ĕçе тивĕçлипе хакламаннинчен килеççĕ. Колхозсенче малта пыракансен опычĕпе сахал усă кураççĕ, агротехника правилисене пурнăçламаççĕ. Чылай колхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартас ĕçсене кая юлса ирттереççĕ. Çĕре сухалассине, удобренисем хывса çемçетессине те япăх пулса пырать. Нумай колхозсенче вăрлăх нормине чакараççĕ. Кунсăр пуçне, хĕл каçиччен вăрлăха лайăх пăхса усраманнине пула, пăсăлнă вăрлăх лартаççĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçсене лартса-акса хăварнă хыççăн ретсем хушшине кăпкалатса, çумкурăкĕсенчен тасатса тăмаççĕ.

Республикăри МТС-сенче çĕрулми лартмалли машинăсен шучĕ 50 çитнĕ, анчах вĕсемпе 1953 çулта колхозсенче мĕн пурĕ те 2.583 гектар анчах лартнă. Çакă вăл çĕрулми лартнă лаптăкăн 8 процентĕнчен те каярах. Çĕрулми кăлармалли машинăсемпе те çителĕклĕ усă курмаççĕ.

Çак культурăсене туса илессине ăнăçлă аталантарма наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракансен опычĕ производствăпа кĕртсе пыни кирлĕ. Анчах та ялхуçалăх органĕсен руководителĕсем, вĕсен специалисчĕсем малта пыракан меслетсем çине, пуринчен ытла, çĕрулмипе пахча çимĕçсене тăваткал тĕмĕн лартасси çине сўрĕккĕн пăхаççĕ. Пахча çимĕç калчисене торфпа çĕрĕк тăприне хутăштарса тунă чўлмексем çинче ўстерессине çине те сўрĕккĕн пăхаççĕ. 1953 çулта республикăри колхозсенче мĕн пурĕ те 1.587 гектар çинче кăна тăваткал тĕмĕн лартнă. Çакă вăл çĕрулми лартнă лаптăкăн 5 процентĕнчен те каярах пулать.

СССР Министрĕсен Совечĕпе партин Центральнăй Комитечĕн постановленийĕнче çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ўстерес тĕлĕшпе палăртнă ĕçсене пĕр пăрахăлланмасăр пурнăçа кĕртсе пыма хушнă. Вĕсене лартас, пăхса ўстерес, пухса кĕртес ĕçсене анлăн механизацилесе пымалла.

Пысăк тухăçлă çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес шутпа çав культурăсене ăнăçлă ўсекен çĕрте—улăх-çаранлă тата айлăмлă çĕрсенче вырнаçтарни кирлĕ. Çĕре çемçетме тислĕк тата выранти ытти удобренисем хатĕрлессине пур майсемпе те вăйлатмалла, çапла майпа çĕрулмипе пахча çимĕçсене лайăх çемçетнĕ çĕр çине лартас, акас пулать.

Малта пыракан колхозсем пысăк тухăçлă çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илсе укса-тенкĕ тупăшне нумай ўстереççĕ. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ, кашни гектар çине 40 тоннăран кая мар тислĕк тата минераллă удобренисем хывса, тарăн сухалаçа çĕртме пуссинче кăçал 250 гектар çĕр çине çĕрулми лартнă. Колхозниксем мĕн пурĕ 50 пин центнертан кая мар çĕрулми пухса кĕртнĕ, 500 пин тенкĕ тупăш илессине шанса тăраççĕ. Колхоз государствăна çĕрулми памалли плана тултарнă. Выльăх апачĕ валли 20 пин центнер çĕрулми хатĕрлесе хăварма палăртнă. Республикăри чылай колхозсенче пысăк тухăçлă купăста, помидор, хăяр ўстереççĕ. Вĕсен опытне ытти колхозсене сарса пыни кирлĕ.

Партипе правительство кăтартнă ĕçсене пĕр пăрахăланмасăр пурнăçа кĕртес шутпа мĕн тумалла-ха? Чи малтан, кашни районта, МТС-сенче, колхозра çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартса тăвас тĕлĕшпе ĕçлеме кадрсем хатĕрлес ĕçе халех тытăнас пулать. Çак культурăсене лартса, пăхса ўстермелли техникăна колхозниксем, МТС-семпе совхозсен работникĕсем тĕплĕн вĕренессине организацилемелле, çавăнпа пĕрлех партипе совет органĕсен руководителĕсем те вĕсене вĕренсе пĕлни кирлĕ.

Пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен кашни колхозра 1954 çултан пуçласа пахча çимĕç калчисене торфпа çĕрĕк тăприне хутăштарса тунă чўлмексем çинче çитĕнтерес ĕçе организацилемелле.

Пахча çимĕç туса илес ĕçе татăклăн ўстерме парниксемпе теплицăсен хуçалăхне вăйлатни кирлĕ. Пахча çимĕç тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен кашни колхозра çитес 1954 çултан пуçласа парниксем тумалла. Май пур çĕрте теплицăсем те тăвас пулать. Калас пулать, пирĕн республикăри колхозсенче парниксем халĕ питĕ сахал-ха, теплицăсем вара сукпа пĕрех. Çак пысăк çитменлĕхе пĕтересси — колхозсемпе МТС-сен сывăх вăхăтри задачи.

Партипе правительство хăйсен паха постановленийĕсенче çĕрулми тата пахча çимĕç туса илес ĕçе вăйлатмалли майсене тĕплĕн кăтартса пачĕç. Вăл постановленисене пурнăçа кĕртес майпа тумалли халь чи кирлĕ ĕçсен шутне çĕрулмипе пахча çимĕçсене пĕтĕмпех те тирпейлĕн пухса кĕртесси, вĕсене государствăна обязательство тăрăх парса татасси тата закуп йĕркипе сутасси кĕрет. Кунпа пĕрлех, кашни колхозрах кирлĕ чухлĕ çĕрулмипе пахча çимĕç вăрлăхĕ хывса хăварса, ăна лайăх сыхласа усрас пулать. Çапла вара килес çулта вăл культурăсене çителĕклĕ таранах туса илме майсем туса хатĕрлес пулать.

---

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн

## УКАЗĔ

### Г. М. КРЖИЖАНОВСКИЙ АКАДЕМИКА ЛЕНИН ОРДЕНЕПЕ НАГРАДАЛАССИ ÇИНЧЕН

Г. М. Кржижановский академик инженери тата наука ĕçĕсене тума пуçланăранпа 50 çул çитнĕ май тата вăл СССР халăх хуçалăхне электрификацилес ĕçе аталантарас енĕпе тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине тата энергетика тĕлĕшпе тухăçлă ĕçленине палăртса, Глеб Максимилианович Кржижановские Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи октябрĕн 8-мĕшĕ.

---

## ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ паллă совет скульпторĕ, СССР Художество академийĕн действительнăй членĕ, СССР халăх художникĕ, Сталинла премией лауреачĕ Вера Игнатьевна Мухина вилни çинчен чĕререн хурланса пĕлтерет.

ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.

---

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Нефтяниксен ăмăртăвĕ

БАКУ, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Артемнефть» трестне кĕрекен 6-мĕш промыслари нефть кăлармалли вырăнсем тинĕсри эстакадăсемпе хурçă утравсем çине вырнаçнă. Пĕпе-сапа çанталăк тăрать тата час-часах штормсем пулаççĕ пулсан та, тинĕсре ĕçлекен нефтяниксем Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртура малта пыраççĕ. Октябрĕн малтанхи эрнинче заданирен ирттерсе 600 тонна нефть кăларнă. Ку вăл сентябрь уйăхĕн малтанхи эрнинче кăларнинчен чылай нумайтарах пулать.

Çак çитĕнўсене малта пыракан ĕç меслетне тата çĕнĕ техникăна производствăна кĕртнипе тунă.

---

## Апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларасси ўсет

КИЕВ, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Тăхăр уйăх хушшинче республикăри аш-какай промышленность предприятийĕсем, иртнĕ çулхи çак вăхăтрипе танлаштарсан, колбаса, сосискăсем, сарделькисем, рулетсем тата ытти аш-какай продукцийĕ 18 процент ытларах туса кăларнă. Усламçу иртнĕ çулхинчен нумай ытларах туса хатĕрленĕ. Чылай çу завочĕсем 98—99 процент таран чи паха йышши продуктсем туса кăлараççĕ. Магазинсенче кайăк-кĕшĕк ашĕ, çăмарта, сĕт, хăйма, тăпăрчă, кефир нумай сутма пуçланă.

Сахăр завочĕсем халех ĕнтĕ, иртнĕ çулхи ку вăхăтрипе танлаштарсан 10 миллион пăт сахăр, пахча çимĕçсенчен консервсем туса хатĕрлекен предприятисем—13 миллион банка консерв ытларах туса кăларнă. Сăнăх, макарон, кĕрпе. ўсентăран çăвĕ, концентратсем, эрехсем туса кăларасси те нумай ўснĕ.

---

## Байкал леш енчи МТС-сенче

ЧИТА, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ингода МТС-ĕн территорийĕнче машина-трактор мастерскойĕн пысăк чул çурчĕ инçетренех курăнса ларать. Ăна тин кăна туса пĕтерне-ха. Хальхи вăхăтра оборудовани вырнаçтарса лартас, электричество кĕртес ĕçсем пыраççĕ, çĕнĕ станоксем вырнаçтарса лартаççĕ.

Могойтуй тата Мангут МТС-ĕсенче типовăй мастерскойсем тăваççĕ. Облаçри ытти нумай МТС-сенче те гаражсем, сарайсем, общежитисем, нумай хваттерлĕ çуртсем тăваççĕ. Ултă МТС-ра кирпĕч завочĕ туса лартаççĕ.

Кăçал МТС-сенчи строительство ĕçĕсем валли пĕр миллион тенкĕ расходлама палăртнă.

---

Новосибирск. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин инструментсем тăвакан завочĕ производство планне кашни уйăхрах тултарса пырать. Халĕ заводра машина-трактор станцисем валли инструментсем тата автобензоцистернăсем нумайрах туса кăларма тытăнаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: машина-трактор станцисене ярса пама хатĕрлесе çитернĕ автобензоцистернăсем завод картишĕнче.

В. ЛЕЩИНСКИЙ фотоўкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

---

## Ялхуçалăхĕнчи ĕçсене комплекслă майпа механизацилемелли машинăсем

МИНСК, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Белоруссири ялхуçалăх машинисем тăвакан заводсем уй-хир ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçсене комплекслă майпа механизацилемелли машинăсем туса кăларассине ўстереççĕ.

«Гомсельмаш» завод коллективĕ çĕнĕ машинăсем туса кăларма хатĕрленет. Çак заводра пуçласа туса кăларма тытăннă улăм вĕтетмелли, выльăх апатне хатĕрлесе памалли агрегатсене халĕ çĕршыври ытти заводсенче те туса кăлараççĕ. Кăçал выльăх апатне хатĕрлесе памалли тата утă пухса кĕртмелли ĕçсене механизацилеме кирлĕ машинăсем туса кăларма тытăннă. «РСС-6,0» силосорезка сехет хушшинче 6 тонна таран симĕс курăка вĕтетме пултарать.

Силос тума акнă культурăсене пухса кĕртмелли «СК-1,2» комбайн мĕнле ĕçленине сăнаса пăхас ĕç вĕçленнĕ. Çак комбайн ўсентăран тунисене пухса кĕртет, çулçисене вĕтетет, массăна силос башнисене е траншейăсене илсе пырать.

1954 çулта выльăх апатне вĕтетсе хатĕрлесе паракан «КПК-1,5» комбайн туса кăларма тытăнаççĕ. Тĕрĕслесе пăхни çак комбайн пур енчен те лайăх ĕçленине кăтартнă. Вăл выльăха паракан апата çуса тасатать, вĕтетет, хутăштарать тата кирлĕ вырăна илсе пырать.

Çавăн пекех ĕне сумалли установка, удобренисем салатмалли транспортерсем, автопоилкăсем, хăватлă силосорезкăсем туса кăларма тытăнаççĕ. Çак машинăсемпе 1954 çулта ялхуçалăхĕнче усă курма пуçлаççĕ. Вĕсем ĕç тухăçлăхне чылай ўстерме пулăшаççĕ тата колхозниксене, совхозсенчи рабочисене йывăр тата тухăççăр ĕçсенчен хăтараççĕ.

---

## Колхозсен автопаркĕ ўсет

УСТЬ-КАМЕНОГОРСК, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Выльăх-чĕрлĕх продукцийĕн государство илекен хакĕсене ўстермелле туни Хĕвелтухăç Казахстанри колхозсен тупăшĕсене чылай ўстерне. Ялхуçалăх артелĕсем ăратлă выльăх, машинăсем туянаççĕ.

Хальхи вăхăтра колхозсем уйрăмах автомашинăсем нумай илеççĕ. Кăçал облаçри кашни ултă колхозран пĕри çĕнĕ машина туяннă. Çулталăк вĕçлениччен вĕсем татах 135 грузовой машина туянаççĕ.

---

*Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăрту*

## Çĕмĕрлери предприятисенче

ÇĔМĔРЛЕ. Пывăç япаласем тăвакан завод коллективĕ, Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, 1953 çулхи плана срокчен, ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарма, çулталăк вĕçлениччен планран иртте рсе чылай продукци туса кăларма, перекетленĕ чĕртавартан колхозсем валли 350 парник рами туса хатĕрлеме, производство юлашкинчен кулĕн кирлĕ япаласем 50 пин тенкĕлĕх туса кăларма пулчĕ.

* * *

Кирпĕч завочĕн коллективĕ сезон пĕтиччен планран иртте рсе 300 пин чĕрĕ кирпĕч туса кăларма обязательство илнĕччĕ. Çакна чыслă пурнăçланă. Халĕ рабочисем уява çĕнĕ çитĕнўсемпе кĕтсе илессишĕн кĕрешеççĕ.

* * *

«Большевик» завод сентябрь уйăхĕнчи плана 112,7 процент тултарчĕ. Завод коллективĕ çак уйăхри плана 115 процент тултарма, лайăх продукци туса кăларма пулчĕ.

П. АНТОНОВ.

---

## Хастарлă ĕçре

ВĂРНАР. «Чăвашвăрман» тресчĕн вăрманпромхозĕнче ĕçлекенсем юлашки вăхăтра чылай çитĕнўсем турĕç. Кăçалхи пĕрремĕшпе иккĕмĕш кварталсенче производство планне тултарайман пулсан, виççĕмĕш кварталти задание вăрманпромхоз срокчен чылай малтан пурнăçларĕ. Халĕ пĕрремĕшпе иккĕмĕш кварталсенче кая юлнине те пĕтерчĕç.

Вăрманпромхозра ĕçлекенсем, çĕршывра малта пыракан вăрман хатĕрлекен предприятисен опычĕпе усă курса, йывăç ытларах турттарса кăларассишĕн социализмла ăмăрту пуçарса ячĕç.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе юлашки вăхăтра йышăннă решенисем тата хастарлăрах ĕçлеме хавхалантараççĕ. Вăрманпромхозра ĕçлекенсем кăçалхи производство программине СССР Конституци кунĕ тĕлне пурнăçлама йышăнчĕç. Вăрманпромхоз коллективĕ çулталăк пĕтиччен Тăван çĕршыва планран иртте рсе 11 пин кубометр йывăç хатĕрлесе турттарса кăларса пама пулчĕ.

Илнĕ обязательствăна пурнăçа кĕртессишĕн вăрман хатĕрлекенсем ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ. Нумай рабочисем кулленхи заданисене иртте рсе тултарса пыраççĕ. Аштăр вăрман пунктĕнчи П. Парамоновпа П. Филиппов электропильщиксем сменăри заданисене 120—135-шер процент пурнăçлаççĕ. Çарăклă автоçулĕ çинчи П. Осипов, И. Иванов, А. Максимов, Г. Миронов тата ытти шоферсем «ЗИС-150» автомашинăпа кашни уйăхрах 380 кубометр вырăнне 510—590-шар кубометр йывăç турттарса кăлараççĕ.

Вăрманпромхоз коллективĕ халĕ октябрь уявне ĕçри çĕнĕ çитĕнўсемпе паллă тăвассишĕн кĕрешў вăйлатса ячĕ.

П. ТИХОНОВ.

---

## Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# СĔНТĔР

Паянхи Сĕнтĕр—çĕнĕ, социализмла ял. Малтан вăл Тутаркас районĕн центрĕ пулнă. 1939 çултанпа—Сĕнтĕр районĕн центрĕ.

Ялта çулсерен çĕнĕ çуртсем ўссе лараççĕ. Етĕрне—Шупашкар çулĕ çине тухакан шоссе çулĕн пĕр енче вăтам шкулăн çурчĕсем вырнаçнă. Унта 590 ача вĕренет, 40 учитель ĕçлет. Кашни çулах вăтам шкултан 35—40 çын вĕренсе тухать. Вăтам шкулăн çурчĕсемпе юнашар—район Совечĕпе парти райкомĕн икĕ хутлă пысăк çурчĕ. Шоссе çулĕн тепĕр енче 4 гектар çинче çамрăк сад ешерет. Ун йĕри-тавра карта тытса тухнă. Унта культура паркĕ пулать. Тепĕр темиçе çултан район центрĕнчи ĕççыннисем хăйсен кану вăхăтне çак паркра савăнăçлăн иртте рĕç.

Сад хыçне машина-трактор станцийĕ вырнаçнă. Кунта çулсеренех çĕнĕ çуртсем ўсе-ўсе лараççĕ. Юлашки çулсенче кирпĕчрен мастерской туса лартнă. Электростанци ĕçлет.

МТС çулсеренех çĕнĕ те хăватлă техникăпа пуянланса пырать. Комбайнсемпе тракторсем, молотилкăсен, трактортан кăкарса ĕçлемелли машинăсен хисепĕ çулсеренех ўссе пырать. МТС хăйĕн çак пуян техникипе колхозсене ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса иртте рме, тырпул тухăçлăхне хăпартма пулăшать. Районти колхозсем хăйсен пĕтĕм ялхуçалăх ĕçĕсен 70 процентне ытла МТС-ăн машинисемпе тăваççĕ.

МТС-па юнашар—пир-авăр фабрикин чул çурчĕ. Кунта кунĕпех машина сасси кĕрлет. Фабрикăра тĕртсе кăларакан пир-авăр çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсене саланать. Фабрикăри рабочисем ĕççыннисене паха пир-авăр парассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. А. Шурмарова, Л. Майкова, О. Дмитриева, А. Блинова стахановка-ткачихăсем уйăхри нормăна 150 процент чухлĕ тултарса ĕçлеççĕ. Фабрика туса кăларакан продукци те, унăн пахалăхĕ те çулсеренех ўссе пырать. Кăçалхи август уйăхĕнче продукци туса кăлармалли плана фабрика 134 процент тултарнă. Фабрика коллективĕ çулталăкри производство планне ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн тăрăшса ĕçлет.

Ялта суту-илў предприятийĕсем чылай: раймаг, сельмаг, культмаг, продмаг, хозмаг, дежурнăй магазин, йўнетнĕ таварсен магазинĕ, чайнăй тата ыттисем те. Вĕсенче район центрĕнчи ĕççыннисем хăйсене кулленех кирлĕ таварсем туянаççĕ.

Халăх сывлăхне сыхласси те çулсеренех лайăхланать. Кунта районти больница, аптека пур, санитарипе эпидеми станцийĕ ĕçлет. Вĕсенче ултă врач, фельдшерсемпе акушеркăсем тата вăтам пĕлўллĕ медицина работникĕсем ĕçлеççĕ. Районти больницăра 75 койка. Унта операци тумалли, ача çуратмалли пўлĕмсем пур. Район центрĕнче ĕçлекен рабочисемпе служащисен ачисем валли ача сачĕ ĕçлет. Çак кунсенчех район центрĕнче ача сачĕн çĕнĕ çуртне туса çитереççĕ.

Район центрĕнче хресчен çурчĕ, обществăлла мунча пур, райпромкомбинат ĕçлет. Водопровод тунă. Унтан ялти ĕççыннисем шыв илсе тăраççĕ. Сывăх вăхăтра водопровод татах та тăсма палăртнă.

Ялта Культура çурчĕ ĕçлет. Районти библиотекăра 15.824 кĕнеке. Библиотекăри кĕнекесене илсе вулакансен йышĕ те çулсеренех ўсет. Кăçал ĕççыннисем 12.532 кĕнеке илсе вуланă. КПСС райкомĕн библиотеки те çулсеренех пуянланать. Район центрĕнчи ĕççыннисем ĕç хыççăнхи пуш вăхăта культурăпа сутĕç учрежденисенче иртте реççĕ. Паха кинофильмсем, спектакльсемпе концертсем пăхаççĕ, лекцисемпе докладсем итлеççĕ. Ялпа юнашарах стадион тума тытăннă.

Библиотекăпа юнашар районти «Ĕç ялавĕ» хаçатăн редакцийĕпе типографи вырнаçнă. Хаçат 21-мĕш çул тухать.

Ял варрипе иртекен шоссерен кăнтăр хĕвеланăç еннелле тăсăлакан урамра сыхăну кантурĕн, ветеринари лечебницин, инкубатор станцин, радиоузелăн, районти перекет кассин çурчĕсем йĕркипе ларса тухнă.

Совет влаçĕ пулнăранпа Сĕнтĕр ялĕ çĕршыва 120 çынна яхăн учительсем, инженерсемпе техниксем, медицина тата искусство работникĕсем, механизаторсем, Совет Çарĕн офицерĕсем çитĕнтерсе пачĕ. Вĕсем çĕршывăн тĕрлĕ хулисемпе ялĕсенче ĕçлеççĕ. Кунта çуралса ўснĕ Николай Сорокин халĕ авиаци инженерĕ пулса ĕçлет. Валентин Седов та, ĕлĕк кĕтўçĕ пулнăскер, аслă шкул пĕтернĕ. Халĕ вăл Совет Çарĕн подполковникĕ. Ялти 150 çын ытла хăйсен пархатарлă ĕçĕпе Совет Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене илме тивĕçлĕ пулнă.

Н. ЦВЕТКОВ. (Хамăр корр.).

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Сĕнтĕрти машина-тракторстанцийĕн мастерскойĕ (сулахайра). Вăтам шкул çурчĕ (сылтăмра)

И. НИКИФОРОВ фотоўкерчĕкĕ.

*Пуçламăш парторганизацисен опычĕ*

# Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн

Пирĕн колхоз чылай çулсем хушши пысăк тухăçа çирпĕ туса илнĕ, анчах та обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе кая юлса пынă. Тырă тухăçлăхне çуллен ÿстерсе пыни вылăхсен йышĕпе тухăçлăхне ÿстермелли çирĕп никĕс пулса тăрать.

Пирĕн колхозри парторганизаци обществăлла вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç хăйĕн тĕп задачи пулса тăрать, тесе йышăнчĕ. Колхозри коммунистсем фермăсенчи ĕнесенчен виçĕшер пин килограмм сĕт, сурăхсенчен тăваттăшар килограмм çăм, чăхсенчен çĕр те вуншар çăмарта илессишĕн кĕрешме задача лартрĕç.

Парторганизаци вылăх-чĕрлĕх ĕрчетессине вăйлатас тĕлĕшпе лартнă задачăна колхозниксем хапăлласах ырларĕç.

Халĕхе эпир парти организацийĕ хăйĕн умне лартнă задачăна пĕтĕмпех пурнăçланă теме пултараймастпăр-ха. Çапах та ăна пурнăçлас тĕлĕшпе чылай пысăк утăм турăмăр. Ăна çакăнтан та лайăх курма пулать: 1949 çулта колхоз ĕнесенчен 964-шар килограмм сĕт, сурăхсенчен 2,1 килограмм çăм илнĕ. 1952 çулта вара, вăтаммăн шутласан, ĕнесенчен 1.966-шар килограмм сĕт, сурăхсенчен 3,2-шер килограмм çăм илнĕ. Çавна май колхоз фермăсенчен илекен тупăш та самаях ÿсрĕ. 1949 çулта вылăх-чĕрлĕхрен пĕтĕмпе те 58.629 тенкĕ кăна тупăш илнĕ, 1952 çулта вара вăл тупăш 207 пин тенке çитрĕ.

Купна пĕрлех, вылăхсен шучĕ нумайланать, ăратти аванланса пырать. Çавна май фермăсенчен укçан илекен тупăш та чылаях ÿсет. 1954 çулта колхоз укçан илекен тупăша пĕр миллион тенке çитерме пăхнă.

Колхоз хуçалăхне аталантармалли плана туса çирĕплетнĕ чухне фермăра ĕçлекенсем вылăхсене хăйсем пĕлнĕ пек пăхнă. Нумай çулхи практика пире ялхуçалăх наукине хушнă пек ĕçлеме кирлине кăтартса пачĕ. Çавăнпа эпир хамăрăн плана ялхуçалăх наукипе тата малта пыракансен çитĕнĕвĕсене анлăн усă курма палăртрăмăр.

Кирек мĕнле плана та ăнланса кĕрешекен çынсем кăна пурнăçлама пултараççĕ. Çавăнпа парторганизаци вылăх-чĕрлĕх пăхакан кадрсем хатĕрлессине тĕп вырăна хучĕ, фермăсенче ĕçлеме коммунистсемпе комсомолецсене уйăрчĕ. Çĕнĕрен уйăрнă тата унччен ĕçленĕ юлташсене зоотехникăна вĕрентме пуçларăмăр. Фермăсенче ĕçлеме уйăрнă пилĕк агитатор вылăх пăхакансене малта пыракансен опычĕпе, колхоз умĕнче тăракан задачăсемпе тĕплĕн паллаштарса пычĕç.

Сăмахпа каласа ăнлантарни аван япала. Анчах та вăл çынсем хăйсен куçĕпе курса пĕлнине çитмест. Парти организацийĕ колхоз правленине фермăри юлташсене малта пыракан артельсене экскурсие яма сĕнчĕ. Пирĕн колхозри вылăх-чĕрлĕх пăхакансем Сĕрпÿри селекци станцийĕнче, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозсен фермисенче пулса, вĕсен ĕçĕсемпе тĕплĕн паллашрĕç. Кунсăр пуçне, Воронеж, Кострома облаçĕсенчи колхозсемпе совхозсене те экскурсие кайса килчĕç.

Вĕренни, каласа ăнлантарни, тĕрлĕрен колхозсемпе совхозсенче пулса малта пыракансен опычĕпе паллашни çынсене хăйсен ĕçĕ çине урăх куçпа пăхакан турĕ. Вĕсем: «Эпир те малта пыракансем пек ĕçлеме пултаратпăр», теме пуçларĕç. Парторганизаци, çынсен çĕкленĕвĕпе усă курса, вĕсене хăйсен ĕçне тĕпренех улăштарма пулăшса пычĕ.

Кунсăр пуçне вылăх пăхакансене тĕрлĕрен курссене ярса вĕрентме пуçларăмăр. Çак çулсенче вылăх пăхакансем Патăрьелĕнчи çулталăклăх курсĕнчен 3 çын вĕренсе тухнă. Сурăхсене искусственнăй майпа чуптарма тата сурăх çăмне классификаци тума вĕренмелли курссенче 2 çын вĕреннĕ. Чăх-чĕп пăхакансен, фермăри йывăр ĕçсене механизацилекенсен, строительсен, вылăх апачĕ хатĕрлекенсен тата ытти кĕске вăхăтлăх курссенчен те чылай колхозниксем вĕренсе тухнă.

Пур çынсене те курссене ярса вĕрентме май килмест. Производствăран уйăрмасăр вĕрентесси — хальхи вăхăтра колхозсем валли массăлла кадрсем хатĕрлемелли тĕп меслет пулса тăрать. Партипе правительство колхозсенче агрономипе зоотехникăна вĕренмелли виçĕ çуллăх курссем организацилесси çинчен постановлени йышăнсан, вылăх пăхакансене пурне те производствăран уйăрмасăр вĕренме явăçтартăмăр, вĕренме пур майсемпе те пулăшса пытăмăр. Виçĕ çул хушши тăрăшса вĕреннĕ хыççăн, фермăри юлташсем пурте (пĕтĕмпе 38 çын) кăçал виçĕ çуллăх курсран вĕренсе тухни çинчен дипломсем илчĕç.

Вĕренни май çынсен ĕçри культурине тавракурăмĕ ÿсрĕ. Вĕсем хăйсене хушнă ĕçри пĕлтерĕшне ăнланса тăвакан пулчĕç. Вылăхсене пăхасси сисĕнмеллех аванланчĕ. Парти организацийĕпе колхоз правленийĕ çынсен ĕçлес кăмăлне тата ытларах ÿстерсе пыма тăрăшрĕç. Агитаторсем фермăсенчи юлташсене ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркесем çинчен тĕплĕн ăнлантарса пама пуçларĕç. Ку вара çынсене тата ытларах хавхалантарчĕ.

Правлени вылăхсен йышĕпе тухăçлăхне ÿстерекенсене хушса тÿлемелли йĕркене пĕр пăрхаланмасăр пурнăçласа пычĕ. Пĕлтĕр пур фермăсенчи работниксене те хушса тÿленĕ. Сăмахран, ĕне пăхакан савăр сынна 4.170 килограмм сĕт хушса тÿленĕ. Урăххи калас, кашни колхозник 535-шер килограмм сĕт хушса панă. Кунсăр пуçне вĕсем тăватшар уйăхри вăрусем илнĕ. Сысна фермисенчи работниксен ĕçĕ те пысăка тупăнă пулнă. Сысна пăхакан Р. Мясникова юлташа 5 сысна сури панă. Ĕçшĕн хушса тÿлени фермăри кадрсене ялан унта ĕçлес шухăш-кăмăлпа пурăнакан турĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче вылăх пăхакансем улшăнмасăр пĕрех. Нумайăшĕ пилĕкшер çул ытла ĕçлеççĕ.

Фермăри работниксем обществăлла вылăх-чĕрлĕхрен кăçал тата ытларах тупăш илессишĕн ăмăртаççĕ. Колхоз плане тăрăх ĕнесенчен 1.700-шер килограмм сĕт, сысна амисенчен 15-шер сура илмелле. Вылăх пăхакансем тата пысăкрах обязательствăсем илчĕç. Сăмахран, И. Заплаткинăпа М. Плешкова доярккăсем хăйсене çирĕплетсе панă ĕнесенчен 2.500—2.400-шер килограмм, ытти доярккăсем 2.300-шер килограмм сĕт суса илме, сысна пăхакансем кашни амăран 18-шар çура илсе ÿстерме сăмах панă.

Фермăсем хушшинче ăмăрту пырать. Фермăсенче ĕçлекенсем пĕрле Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри вылăх ĕрчетекенсемпе ăмăрту договорĕ турĕ. Ăмăрту договорне мĕнле пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăратпăр.

Парти организацийĕпе правлени кашни уйăхрах фермăри работниксен производствăлла канашлăвĕне пĕрлехи пухăвĕсене ирттерессĕ. Унта умра тăракан задачăсем çинчен каласса татăлатпăр. Вылăх пăхакансем пирĕн ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене палăртса критиклесĕ, вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса параççĕ, правлени умне хăйсен требованийĕсене кăларса тăратаççĕ. Эпир вĕсен ыйтăвне май килнĕ таран тивĕçтерме тăрăшатпăр.

Парторганизаци кадрсем вĕрентсе ÿстернипе пĕрлех, вылăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвас тĕлĕшпе те чылай ĕçсем туса ирттерчĕ.

Пирĕн колхозăн улăх-çаран сук. Хĕлле вылăхсене типĕ улăмпа усранă. Çава тухсан кĕтÿсем хура пусăра çÿренĕ. Кун пек йĕрке, паллах, никама та сырлахтарма пултараймасть. Парторганизаци вылăхсене тăрантарса усрамалли çĕнĕ майсем тăвас тĕлĕшпе ĕçлеме пуçларĕ. Коммунистсем пуçарнипе, 1948 çулта ятарласа вылăх апачĕ хатĕрлекен пусă савранăшĕ тăвас задача лартнă. Тепĕр çулĕнче вăл пусăна йĕркелесе ятăмăр. Халĕ унта, симĕс конвейер туса, обществăлла вылăхсен кĕтĕвĕсене çÿретме пуçларăмăр тата тымарçимĕçсемпе силослăх курăксем çителĕклĕ акса илетпĕр.

Вылăх апачĕ туса илмелли кашни уй, вăтаммăн шутласан, 18-шар гектарлă. Вăл пусăри уйсене акакан курăксемпе 3—4 çул хушши усă курмалла. Çавăнпа эпир унта тăватă тĕрлĕ курăк — люцерна, клевер, тимофеевка тата улăх сĕлли хутăштарса акатпăр. Кун пек акнин усси пысăк. Асăннă курăксем пĕрисем пĕр çулĕнче, теприсем тепĕр çулĕнче аталаннă май, курăк кашни çулах çителĕклĕ ÿсет. Иртнĕ çулта кун пек акнă вырăнта типĕ утă гектартан 55 центнер, чĕрĕ утă 152 центнер тухрĕ. Кăçал пусăри 3-мĕшпе 4-мĕш уйсенче кĕтÿ çÿретнĕ. Кашни уйра хăш вылăхсене çÿретмеллине кăтартса панă. Тĕрлĕ вылăхсене çирĕплетсе панă участоксене те уйрăм лаптăксене пайланă. Вылăхсене пĕр лаптăкри курăк пĕтсен тин теприн çине куçараççĕ.

Вылăх апачĕ туса илекен пусăра резерв участокĕ пур. Ахаль чухне унта çамрăк пăрусем çÿреççĕ. Ытти кĕтÿсем çÿрекен вырăнта курăк çитмесен, вылăхсене резерв участокне куçарса çитеретпĕр.

Хирти пусă савранăшĕнчи 2-мĕш çул ÿсекен курăксене çулса пуçтарсан, вĕсен кайăвĕ ÿсме пуçлать. Вара кĕтÿсене вылăх апачĕ туса илекен пусăран каю çитерме куçаратпăр. Курăк акнă вырăна сухалама пуçласан, кĕтÿсене каллех вылăх апачĕ туса илекен пусă савранăшĕ çине куçаратпăр.

Вылăхсем, тĕпрен илсен, кĕтÿре çÿресе тăранаççĕ. Апла пулсан та эпир вĕсене çу каçиччен апат паратпăр. Витере тăнă вăхăтра çулса çитерме ятарласа тĕрлĕрен курăксем акнă.

Шутласа пăхнă тăрăх, пирĕн фермăсенчи вылăхсем кĕтÿре çÿренĕ вăхăтра хирте 6.260 центнер, витене таврăнсан—11.450 центнер чĕрĕ утă çиеççĕ.

Вылăх апачĕ акса тăвасси—хăйне майлă кăткăс ĕç. Çакна шута илсе, парторганизаци правление вылăх апачĕ хатĕрлекен бригада тума сĕнчĕ. Правлени пирĕн сĕнÿпе килĕшрĕ, 48 çынтан бригада организацилерĕ. Бригадăна ертсе пыма чи опытлă, лайăх ĕçленĕшĕн орден илнĕ колхозника, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутатне И. Рыбаков коммуниста уйăрчĕ. Бригадăна 1 автомашина, 12 лаша, 4 ĕç вăкăрĕ, 2 сеялка, утă çулмалли машинăсем, жнейка, силосорезка, плугсемпе сÿресем, культиваторсем, лаша таврашĕсем çителĕклĕ таран çирĕплетсе панă. Бригада вылăх апачĕ туса илмелли мĕнпур çĕр лаптăкĕ çинчи ĕçсене хăйĕн вăйĕпе туса пырать. Çулла тырпулпа тымарçимĕçсем акса ÿстереççĕ, утă çулса пуçтараççĕ, силос хываççĕ. Силос хывмалли вырăна та хăйсен вăйĕпех хатĕрлеççĕ. Хĕле кĕрсен фермăри вылăхсене çитермелли апатсене вĕтетсе параççĕ. Иртнĕ çулта бригада 520 тонна силос, 700 тонна вылăх кăшманĕ, 600 тонна çĕрулми тата ытти йышши вылăх апачĕсем хатĕрлесе хăварнă. Кăçал бригада 600 тонна силос хывса хăварать. Силос хывма çĕнĕрен икĕ башня турĕ. Çапла вара пирĕн силос хывмалли башнисем халĕ виççĕ.

Апат çителĕклĕ хатĕрлекен пулсан, эпир вылăхсене рационпа тăрантарма пуçларăмăр. Колхоза иккĕмĕш çул ĕнтĕ вылăхсене рацион тăрăх çитереççĕ.

Ни-виçĕ çул каялла фермăсенче машинăсем пулман. Мĕнпур йывăр ĕçсене алă вăйĕпе тунă. Темиçе çĕр тонна улăма, вылăх кăшманĕпе çĕрулмине алă вăйĕпе вĕтетсе çитерес пулсан, вылăхсене пăхма вăхăт юлмасть. Вылăх пăхакансем хăйсем ывăнни çинчен калаçма пуçларĕç. Парторганизаци фермăри йывăр ĕçсене механизацилес задача кăларса тăратрĕ.

Малтан фермăсене шыв парассине механизацилерĕ май, пĕр çын фермăри мĕнпур ĕнесене шăваракан пулчĕ. Çапла ытти доярккăсем шыв сĕвлессинчен пушанчĕç. Каярахпа ытти ĕçсене механизацилерĕмĕр. Халĕ фермăсенче улăм вĕтетмелли, тымарçимĕçсем турамалли, тырă пĕрчисене вĕтетмелли машинăсем, кормозапарник, электричество вăйĕпе ĕçлекен икĕ ăрман лартнă. Вылăх апатне автомашинăсемпе турттарма пуçларăмăр. Сурăх çăмне электричество вăйĕпе касни ĕçе çăмăллатнипе пĕрлех çăм тухăçлăхĕсене пахалăхне чылай ÿстерме пулăшрĕ. Пур фермăсене те электрификацилерĕмĕр. Çапла вара фермăри работниксен пурнăçĕпе ĕç условийĕ палăрмаллах аванланчĕ.

Вылăхсене зоотехника кăтартнă пек пăхма пуçлани, ĕçе механизацилеме тытăнни пирĕн умма типовăй витесем лартас задача кăларса тăратрĕ. Витесем тăвасси—тăкаклă япала. Çавăнпа коммунистсем колхозниксене çĕнĕ, типовăй витесем лартмасан, вылăх-чĕрлĕх тупăшлăхне ÿстерме май çукки çинчен ăнлантарса пачĕç. Колхозниксем ятарласа строительство бригади организацилеме йышăнчĕç. Парти организацийĕ сĕннипе правлени П. Кузнецов коммуниста строительство бригадине ертсе пыма уйăрчĕ. ВЛКСМ организацийĕ чи пултаруллă 5 комсомолеца строительство бригадинче ĕçлеме уйăрчĕ. Çапла вара часах 16 çынлă строительство бригади организацилерĕмĕр. Колхоз правленийĕ строительство бригадин бригадирне Кузнецов юлташа ытти облаçсенчи артельсенче строительство ĕçне мĕнле организациленипе паллашма экскурсие ячĕ. Бригадăри ытти колхозниксене тĕрлĕрен курссене ярса колхоз строительствинче кирлĕ пулма пултаракан специальноçсем илме пулăшрăмăр. Çав вăхăтрах колхоз правленийĕ, строительство ĕçне механизацилесе хăвăртлатас шутпа хăма савалакан рама, черепица çапмалли станок туянчĕ.

1951 çулта, çăва тухсан, строительство бригади ĕçе тытăнчĕ. Çак çулсенче вăл фермăсем валли типовăй витесем туса лартрĕ. Кăçал та строительство бригади лаша, ĕне тата чăх-чĕп ферми валли витесем туса пачĕ.

Вылăх витисем тунă вăхăтрах, фермăра ĕçлекенсем валли çуртсем те лартнă. Çĕнĕрен тунă виçĕ пÿртре хĕрлĕ кĕтессем йĕркеленĕ. Хĕрлĕ кĕтессене радио кĕртнĕ. Унта вылăх пăхакансене кирлĕ кĕнекесен библиотеки, хаçат-журнал, культурăлла канма кирлĕ ытти япаласем те нумай. Агитаторсем калаçусене ялапах хĕрлĕ кĕтессенче ирттереççĕ.

Вылăхсенчен илекен тупăш ÿссе пыни вĕсен ăраттине аванлатса пынинчен те чылай килчĕ. 1949 çулччен пирĕн колхозра ăратлă вылăхсем пулман. Иртнĕ çулсенче ăратлă вылăхсем йышлăн илсе килсе ĕрчетме тытăнтăмăр.

Ĕне ферминче симментальски ăратлă ĕнесем ĕрчететпĕр. Вĕсем вырăнти ĕнесенчен чылай ытларах сĕт параççĕ. Сурăх ферминче советски меринос ăратлă сурăхсем нумайланса пыраççĕ. Уйрăм тăкасемпе сурăхсенчен 12—13-шер килограмм таран çăм касатпăр. Сысна ферминче — крупно-белый ăратлă сыснасем. Вĕсен чĕрĕ виçи 300 килограмран пуçласа 500 килограма çитет. Чăх-чĕп ĕрчетес тĕлĕшпе те чылай пысăк ÿсĕм тунă. Тилĕ ферми те колхоза чылай пысăк тупăш пама пуçларĕ.

Колхоз вылăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстермелли плана пур енĕпе те ирттерсе тултарчĕ. Вылăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли плана та вăхăтра тултарса пыратпăр. Юлашки вăхăтра колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх сĕтçу валеçсе пама пуçларăмăр. Пирĕн колхозра вылăх-чĕрлĕх мĕнле ÿссе пынине çакă лайăх кăтартса парать: 1949-мĕш çулта тырпул акăнакан кашни гектар пуçне 3 килограмм какай, 31 килограмм сĕт, 5 штук çăмарта, 49 грамм çăм тивнĕ. 1952-мĕш çулта гектар пуçне—какай 10 килограма, сĕт 76 килограма, çăм 90 грама çитнĕ.

Парти организацийĕпе правлени артель членĕсене хăйсен килĕнче вылăх ĕрчетме те пулăшса пынă. Çуллахи вăхăтра колхозниксен вылăхĕсене çÿретме условисем туса паратпăр. Колхоз пĕр тÿлевсĕрех хăйĕн членĕсен вылăхĕсене тĕрлĕрен чирсенчен сыхлама тата эмелleme пулăшать, вылăх апачĕ валеçсе парать. Колхоз колхозниксене фермăран сысна çури, пăру, сурăх сутать.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Çĕршывра вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем çинчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе вылăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли вормăсене чакарасси çинчен» йышăннă постановлени колхозниксем пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç. Пуçламăш парторганизацийĕ колхоз правленийĕ артель членĕсен вылăх-чĕрлĕх ĕрчетессишĕн тата унăн тухăçлăхне ÿстерессишĕн пыракан ăмăртăвне вăйлатса пыраççĕ, мĕнпур вăйсене çĕнĕ ÿсĕмсем тума мобилизациаççĕ.

**Н. ГОРШКОВ,**
Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозри партбюро членĕ.

# Пахча çимĕç лартса тăвас ĕçри çĕнĕ меслетсем çинчен

Апат-çимĕç продукчĕсемпе чĕртаварсен хисепĕнче пахча çимĕçсем питĕ пысăк вырăн йышăнаççĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ çĕршывра пахча çимĕçсем туса илес ĕç юлса пынине палăртрĕ. Пленум, уйрăммăн илсен, пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне хăпартма пулăшакан агротехникăлла çĕнĕ меслетсене ĕçе хăвăртрах кĕртсе пыма хушса хăварчĕ.

Пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне вăйлă ÿстерекен агротехникăлла меслетсенчен пĕри вăл—пахча çимĕç калчисене торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсем çинче ÿстерни пулать. Купăста, помидор, хăяр, арбуз, дыня тата ытти çавăн пек культурăсене малашне торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче ытларах лартса тумалла. Çав чÿлмексенче пахча çимĕç калчисем вăйлăрах аталанса, тасарах ÿссе çитĕнеççĕ. Пахча çимĕçсен калчине торфпа çĕрĕк тăприничен туса хатĕрленĕ чÿлмексем çине шăтса тухнă хыççăнах уйăрса лартаççĕ. Калчасем çакăн хыççăн чÿлмек тăпри çинче аталанса пыраççĕ. Каярахпа вара ÿссе аталаннă калчасене йăрансем çине çав чÿлмексемпе пĕрлех куçарса лартаççĕ. Çавăн пек лартса ÿстернĕ пахча çимĕçсем чылай вăйларах тата хăвăртрах ÿссе пулаççĕ. Мĕншĕн тесен, кун пек чухне калчасене эпир парниксемпе телицăсенчен йăрансем çине вĕсен тымарĕсене хускатмасăр тата вĕсем ÿснĕ тăпрапа пĕрле куçарса лартатпăр. Вĕсен аталанăвĕ çавна май тăпра çине куçарса лартнă хыççăн чăрăнмасть, пĕр чăрмавсăр малалла вăйлăн пырать.

Торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсем пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне ÿстерме вăйлă пулăшнине тата çав чÿлмексенче ÿстерни çимĕçсене чылай вăхăт хушши маларах ÿстерсе илме май пуррине, çавăнпа, Чапаевски ячĕллĕ хушма хуçалăх опычĕнчен аван курма пулать. Çулте асăннă хушма хуçалăхра эпир 1951 — 1953 çулсенче пахча çимĕç калчисене торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче лартса ÿстернĕ. Агротехникăлла çак меслет хуçалăха пысăк усă панине виçĕ çул хушшинчи пирĕн ĕç пĕтĕмĕшпех çирĕплетсе пачĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕ тумалли станок,—пĕр вăхăтрах тăватă чÿлмек тăвать. Ку станока Шупашкарти тарасасем юсакан заводри тимĕрçĕ Т. И. Юдин юлташ тунă.

Пухса кĕртнĕ пахча çимĕçсен тухăçлăхĕ (гектартан центнерпа)

| | Чÿлмексемпе ÿстернĕ | | Чÿлмексемсĕр ÿстернĕ | |
|---|---|---|---|---|
| | купăста | помидор | купăста | помидор |
| 1951 çулта | 211 | 229 | 146 | 223 |
| Пухса кĕртнĕ вăхăт | 24.VI | 23.VII | 18.VII | 16.VIII |
| 1952 çулта | 183 | 219 | 127 | 183 |
| Пухса кĕртнĕ вăхăт | 3.VII | 18.VII | 21.VII | 19.VIII. |
| 1953 çулта | 324 | 209 | 216 | 189 |
| Пухса кĕртнĕ вăхăт | 10.VII. | 3.VIII | 18.VII | 14.VIII |
| Виçĕ çул хушшинче илнĕ тухăçлăх вăтам шутпа | 239 | 219 | 163 | 198 |
| Тухăçлăх ÿссе пынин процентĕ | 147 | 111 | 100 | 100 |

Таблицăран торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче ÿстернĕ пахча çимĕç тухăçлăхĕ кашни çултах чÿлмексĕр ÿстернĕ çимĕçсен тухăçлăхĕнчен чылай пысăкрах пулни курăнать. Чÿлмексемпе усă курса ÿстернĕ купăстан тухăçлăхĕ ахаль лартса ÿстернĕ купăста тухăçлăхĕнчен 47 процент ытларах пулнă. Çавăн пекех помидорсен тухăçлăхĕ те 11 процент ытларах пулнă. Кунсăр пуçне, калчасене чÿлмексенче лартса ÿстернĕ купăстан пуçĕсем 24 куна яхăн маларах тытăнса çитсе касмалла пулнă, помидорсем вара чÿлмексĕр лартса тунисенчен 33 кун маларах хĕрелсе пулнă. Çакна та палăртмалла: торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче ÿстернĕ çимĕçсем шултрарах, сĕтеклĕрех тата тутлăрах пулаççĕ.

Çапла ĕнтĕ, пахча çимĕçсене торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче лартса ÿстерни пысăк усă парать. Çимĕçсен тухăçлăхне те, пахалăхне те ÿстерме пулăшакан агротехникăлла çак лайăх меслете пур колхозсенче те анлăн пурнăçлама тытăнмалла.

Торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсемсĕр пуçне, пахча çимĕçсен калчине çавăн пек майпах тăм чÿлмексем çинче, хут стакансем çинче, çерем таткисем çинче тата тутăлăхлă тăпра катăкĕсем çинче те ÿстерме пулать. Анчах кунпа пĕчĕк хуçалăхсенче кăна усă курмалла.

Пахча çимĕçе йышлăн лартса тума колхозсемпе совхозсенче торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсене пинĕ-пинĕпе туса хатĕрлемелле пулать. Вĕсене, паллах, алăпа туса çитерме май çук, станоксемпе тăвас пулать. Алăпа ĕçлемелли çавăн пек станоксен конструкцине иртнĕ çулсенче пахча çимĕç хуçалăхĕн наукăпа тĕпчев институчĕ кăтартса панă. Производствăра халĕ çав институт тата Филатов системисемпе кăларнă алăпа ĕçлемелли çурма автоматлă станоксем пур. Çав станоксемпе сменăра 10—12 пин чÿлмек туса кăларма пулать. Çавăн пекех пысăк тухăçлă ротациллĕ станок—автомат та пур. Унпала сменăра 200 пин чÿлмек кăларма пулать. Çавăн пек станоксемпе Мускав облаçĕнчи колхозсем иртнĕ çулта 88 миллион чÿлмек туса кăларса усă курнă.

Торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсем тăвакан алăпа ĕçлемелли станоксене халĕ Шупашкарти тарасасем юсакан завод коллективĕ тăвать. Çитес вăхăтра вăл станоксене Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин материалсемпе техника парса тăракан Управленийĕн склачĕсем урлă сутма тытăнаççĕ.

Шупашкарти тарасасем юсакан завод коллективĕ колхозсем валли туса кăларакан станоксем питĕ лайăх тата вĕсемпе ĕçлеме те çăмăл. Паянхи номерте пичетленсе тухакан фотоÿкерчĕкре çавăн пек станоксенчен пĕрине кăтартса панă. Унпала сменăра 6 пине яхăн чÿлмек çапса кăларма пулать. Станокăн конструкцийĕ йывăр мар, ăна колхозсен тимĕрçĕ лаççисенче те туса хатĕрлеме пулать.

Тĕрлĕрен пахча çимĕçсен калчине лартса ÿстерме, пысăкăш енчен илсен, чÿлмексене тĕрлĕрех тумалла. Чÿлмексем çÿлĕшĕ купăста калчи валли 6—7 сантиметр, хăяр калчи валли 7—8 сантиметр, помидор калчи валли 9—10 сантиметр, арбуз, дыня, мăн хăяр калчисем валли чÿлмекĕн çÿлĕшĕ 12 сантиметр пулмалла. Парниксемпе теплицăсенче тачăрах вырнаçтарса лартас çинчен илсе пăхсан, чÿлмексене ултă кĕтеслĕ туни вырăнлăрах. Вĕсене парникĕн кашни тăваткал метрĕ çине нумайрах вырнаçтарса лартма пулать, çапла вара калчана та нумайрах ÿстерсе илме май пулать.

Пахча çимĕçсен калчине лартса ÿстермелли чÿлмексене ÿсентăрана ÿсе çитĕнме усăллăрах хутăшран тума тăрăшас пулать. Чÿлмек тăвакан тăпра хутăшĕнче тутăлăхлă япаласем нумай тата вăл кăпăш пулмалла.

Пахча çимĕç акса тăвакан Грибовская селекци станцийĕ çĕнĕ тăрăх тата пирĕн хушма хуçалăхра туса ирттернĕ опытсем çирĕплетсе панă тăрăх, чÿлмексем тумалли тăпра хутăшĕ çакăн пек пулмалла: 7 пай торф, 2 пай çĕрĕк тăпри, 1 пай юшкăн, 1 пай ĕне каяшĕ. Хуçалăхра торф сахал пулсан, чÿлмексене икĕ пай торф, пĕр пай çĕрĕк тăпри, пĕр пай çеремĕн вĕтĕ кĕрпеклĕ тăприне илсе тунă хутăшран та тума юрать.

Чÿлмексем тума илекен торфăн йÿçĕклĕхĕ нормăран пысăкрах пулсан, унăн кашни кубометрĕ çине 1—1,5 килограмм известь çăнăхĕ ярсан аван. Чÿлмексем тумалли тăпра хутăшĕн пахалăхне, çавăн пекех, минераллă удобренисем хушса та лайăхлатас пулать. Чÿлмексене тăвас умĕн хатĕрленĕ тăпра хутăшĕн кашни кубометрĕ çине аммиак селитри 1—1,5 килограмм, суперфосфат çăнăхне 1,5—2 килограмм, хлорлă кали тăварне 0,4—0,5 килограмм сапса хутăштармалла. Суперфосфатпа известь çăнăхне тăпра хутăшĕ çине саплипех сапма юрать, аммиак селитрипе кали тăварне шыва ирĕлтерсе сапмалла.

Чÿлмексем тума пуçлаччен хатĕрленĕ тăпра хутăшне хушăкĕсем 2 сантиметртан пысăк мар ала витĕр сапса кăлармалла. Ун хыççăн минераллă удобренисем сапса кĕрешсемпе хутăштарас пулать, пĕтĕм хутăш çăра чуста евĕрлĕ пулмалла.

Кун хыççăн тăпра хутăшне станокăн формисем çине, чÿлмекĕн виçипе кура, татăкăн-татăкăн илсе хураççĕ. Пусма çине урапа пусса, пуансонсем вырнаçтарса лартнă преса антараççĕ. Тăпра хутăшне прессланă хыççăн, хатĕр чÿлмексене подъемниксем тĕксе кăлараççĕ, чÿлмексене, станок çинчен илсе, типĕтме лартаççĕ. Анчах та чÿлмексене хытă типĕтсе яма та юрамасть. Çапла тусан, чÿлмек çимĕçĕн тымарĕсене кансĕрлеме пултарать. Çавăнпа та сапса хатĕрленĕ чÿлмексене кăшт типĕтсенех сиввĕ кăларса шăнтмалла, кайран вĕсене шаршансенче усрас пулать. Хатĕрлесе хунă чÿлмексене юр, пăчкă кĕрпи, улăм айĕнче усрама юрать.

Пахча çимĕç калчине лартса ÿстермелли чÿлмексем тума халĕ, кĕркунне, тытăнас пулать. Çĕр шăначчен чÿлмексем тумалли тăпра хутăшне хатĕрлесе хумалла. Хуçалăха мĕн чухлĕ чÿлмек кирлĕ пулнине шутласа пĕлмелле. Çавăн чухлĕ чÿлмек туса хатĕрлеме кирлĕ таран торф, çĕрĕк тăпри, çерем тата минераллă удобренисем турттарса хатĕрлемелле. Хатĕрлесе хунă тăпра хутăшĕн кашни кубометрĕнчен 6—7 пин чÿлмек çапса хатĕрлеме пулать.

Пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне хăпартма, çитес çулта вĕсене нумай ытларах туса илме çимĕçсен калчисене торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче лартса ÿстерни хытă пулăшать.

**Д. АНДРЕЕВ,**
агроном.

## „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

### «РЕДАКЦИ АВТОРСЕМПЕ ĔÇЛЕМЕСТ»

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра августăн 16-мĕшĕнче И. Кузьмин çырнă «Редакци авторсемпе ĕçлемест» ятлă çыру пичетленсе тухнăччĕ. Çырура Канаш районĕнчи «Коммунизмшăн» хаçат редакцийĕ авторсемпе çителĕксĕр ĕçленине, çакна пула партипе совет, профсоюзпа комсомол активĕ, ялхуçалăх специалисчĕсем хаçатран аякра тăнине кăтартса панăччĕ. Унта «хаçата медицина, культура работникĕсем, учительсем хутшăнманпа пĕрех» тенĕччĕ.

КПСС Канаш райкомĕ çырура каланисем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. «Коммунизмшăн» хаçат редакцийĕ корреспондентсем хушшинче ĕçлес енĕпе ятарласа план туса хатĕрленĕ, плана парти райкомĕн бюровĕнче пăхса тухса çирĕплетнĕ.

### «КАЯ ЮЛСА ТУХАКАН ХАÇАТ»

Августăн 28-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă «Кая юлса тухакан хаçат» ятлă çырура Куславкка районĕнчи «Ленин ялавĕпе» хаçата вулакансем яланах тенĕ пек вăхăтра илсе вулайманни, редакцире ĕçлекенсем ăна вăхăтра кăларса тăманни çинчен çырнăччĕ.

КПСС Куславкка райкомĕ çырура асăннă фактсем тĕрĕс пулни, районти хаçата вăхăтра кăларса тăмалла тăвассишĕн тата пичетленекен материалсен пахалăхне лайăхлатассишĕн парти райкомĕн бюровĕ тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

## Районти хаçатсем пĕлтереççĕ

### КĔНЕКЕ МАГАЗИНĔНЧЕ

Районти кĕнеке магазинĕ кĕнекесем сутмалли плана уйăхран уйăха тултарса пырать. Шкул ачисем валли çĕнĕ учебниксем тата усă курнă учебниксем сутассине лайăх йĕркеленĕ. Магазин август уйăхĕнчи плана 211 процент тултарнă. Çавăн пекех политшкулсенче вĕренмелли кĕнекесене илекенсен йышĕ нумай ÿсрĕ.

«КОЛХОЗНИК САССИ».

Муркаш.

### ПРОФСОЮЗ ПАНĂ ПУТЕВКĂСЕМПЕ

Канашри вагонсем юсакан заводра ĕçлекен чылай рабочисемпе работницăсем профсоюз организацийĕ панă путевкăсемпе санаторисемпе канмалли çуртсенче пулнă. Кăçал 426 çын путевкăсемпе усă курнă. Халĕ механически цехра ĕçлекен Александров токарь Крымра, Кузьмин жестянщик—Тарловкăра канаççĕ. Çĕнĕ çулччен рабочисемпе служащисене пама тата 70 путевка уйăрса хунă.

«ВАГОННИК».

### ЙЫВĂÇ НУМАЙ ЛАРТНĂ

Чурачăк ял çынни Андрей Трофимов йывăç нумай лартса ÿстернĕ. Унăн пахчинче 63 тĕп улмуççи, 27 тĕп слива йывăççисем çимĕç паракан пулнă. Кăçал Сĕрпÿри питомникрен тата 25 улмуççи илсе лартрĕ.

Урамра лартса ÿстернĕ йывăççем халĕ пĕтĕм урама илем кÿреççĕ. Иртнĕ çуркунне вăл 117 йăмра лартса хăварнă. Çамрăк йывăççем пурте лайăх ÿсеççĕ. Çак кĕркунне татах 200 йăмра лартать.

«ÇĔНТЕРÿШĔН».

Чурачăк.

### КОЛХОЗНИКСЕМ ĔНЕ ТУЯНАÇÇĔ

«Победа» колхозри И. Матвеев, Г Николаев тата ытти колхозниксем—пурĕ 8 çын, партипе правительство халăх пурнăçĕшĕн кулленех тăрăшнипе хавхаланса, ĕне туянчĕç. Ĕне туянас текенсем татах та нумай.

«ХĔРЛĔ ЯЛАВ».

Вăрмар.

## Писательсен творчествăлла отчечĕсем

Чăваш совет писателĕсен Союзĕ çумĕнчи парторганизаци юлашки вăхăтра писательсен творчествăлла отчечĕсене коммунистсен уçă пухăвĕсенче сÿтсе явас ĕçе пуçарса ячĕ. Ку ĕç партбюро нумай вăхăтлăха çирĕплетнĕ план тăрăх пулса пымалла.

Коммунист-писательсемпе партире тăман писательсем хăйсен малтанхи уçă пухăвĕнче Хветĕр Уяр̆ăн «Шурча тăврашĕнче» ятлă романĕн пĕрремĕш кĕнекине сÿтсе яврĕç, писателĕн творчествăлла отчетне итлерĕç, унăн малашнехи планĕсемпе паллашрĕç.

Çак кунсенче иккĕмĕш уçă пуху пулса иртрĕ. Пухура Леонид Агаков писателĕн творчествăлла отчетне итлерĕç.

Хальхи вăхăтра писатель «Ырă кăмăллă çынсем» ятлă калавсен пуххине хатĕрлесе пичете панă. Унта вăрçă вăхăтĕнчи тата вăрçă хыççăнхи калавсене кĕртнĕ. Кĕнекере миршĕн кĕрешекенсен сăн-сăпатне кăтартса панă. Çакăнпа пĕрлех вăл «Кулас килет» ятлă сатирăлла калавсен кĕнекине çырать.

# Пулă тытас ĕçе вăйлатмалли майсем

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «Колхозсен пĕвисенче пулă ĕрчетес ĕçе пур майсемпе те аталантарса пымалла», тесе кăтартса хăварчĕ.

Пулă ĕрчетес ĕçе вăйлатма пирĕн республикăра питĕ паха майсем пур. Колхозсенче кӳлĕсемпе пĕвесем сулсеренех нумай тăваççĕ. Чăваш республики территорийĕ тăрăх Атăл, Сăр шывĕсем юхса иртеççĕ, кунсăр пуçне пирĕн пĕчĕк юханшывсем 70 ытла шутланаççĕ. Атăлпа Сăр юхан шывĕсен айлăмĕсенче 229 кӳлĕ пур, вĕсен лаптăкĕ 1.300 гектара çитет. Çавăн пекех тата колхозсен хăйсен те пĕвесемпе кӳлĕсем чылай. Республикăн шыв фончĕ 7.000 гектар ытла йышăнать.

Пулă тытмалли вырăнсемпе хальхи вăхăтра çителĕксĕр усă кураççĕ. Пĕтĕмĕшпе илсен, пулă тытакан колхозсем çулсерен 1.500—1.700 центнер пулă тытаççĕ. Ку вăл, кӳлĕсен лаптăкне тата юхан шывсенчи пулă тытмалли вырăнсене илес пулсан, кашни гектар шыв лаптăкĕ пуçне 10—15 килограмм пулă тытнине пĕлтерет. Çапла ĕнтĕ, çавă вăл—ытла та пĕчĕк кăтарту. Тытакан пулă 75 процент таран пахалăх тĕлĕшĕнчен начар, вăл вĕтĕ.

Кӳлĕсемпе тата колхозсенчи пĕвесемпе лайăхрах усă курма майсем пирĕн çителĕклĕ. Пулă ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен наука тата малта пыракан практика кăтартса панă тăрăх, юханшывсем таврашĕнчи кӳлĕсенче ăнăçлăнах карп ĕрчетме пулать. Пăрачкаври пулă тытакан колхоз 1948 çулта юханшыв айлăмĕнчи «Карасевое» ятлă кӳлле çулталăкри карпсем янă. Çав çулхи кĕркуннех унта кашни гектар лаптăкран 233 килограмм пулă тытнă. Кăçал Улатăрти пулă тытакан колхоз «Кладбищенский затон» ятлă кӳлĕрс—6 гектар шыв лаптăкĕ çинче—çулталăкри карпсем 4.200 ĕрчетет. Карпсем кӳлĕре йĕркеллĕ çитĕнсе пыраççĕ. Кăçалхи кĕркунне асăннă кӳлĕре сахалтан та 30 центнер паха карп тытма палăртнă.

Çавăн пек аван тĕслĕхсем пур пулин те, юханшыв айлăмĕсенчи кӳлĕсенче карп ĕрчетес ĕçе республикăри пулă тресчĕ кирлĕ пек хакламасть. Юханшыв таврашĕсенчи кӳлĕсенче вăтам шутпа кашни гектар лаптăкран 100-шер килограмм карп тытмалла тусан та, халăха çутма республикăра татах 1.500 центнертан ကая мар пулă тытма пулĕччĕ.

Юханшывсенче пулă тытас ĕçе те тĕпренех лайăхлатмалла. Пулă тытакан колхозсем плансене ăнăçлă тултарса пыччăр тесен, вĕсене пулă тытмалли чи лайăх хатĕрсем парса тăмалла, пулă тытас ĕçе, уйрăммăн илсен, çилĕм туртас ĕçе механизацилемелле.

Пулă тытас ĕçе тĕрĕс йĕркелемесĕр пысăк ăнăçусем тăвасси çинчен калаçмалли те çук. Малта пыракан бригадăсем ĕç хатĕрĕсемпе усă курассине тĕрĕс йĕркелесçĕ, пулă тытмалли вырăнсене лайăх тĕпчесе пĕлеççĕ, пулă тытма тĕплĕн шухăшласа тунă график тăрăх тухаççĕ. Çавна май вĕсем хăйсене паракан заданисене ăнăçлă пурнăçлаççĕ. Сăмахран, Улатăрти пулă тытакан колхозри Т. Уланов юлташ ертсе пыракан бригада çулталăкри плана халех ĕнтĕ тултарнă. Сурмайĕнчи (Кувакино районĕ) пулă тытакан колхозри Ушанин юлташ ертсе пыракан бригадăри пулăçăсем хăйсене шанса панă ĕçе чĕререн тăрăшса тăваççĕ, çавна май палăртса хунă нормăсене бригада 140-шер процент тултарать. Çавăн пек тĕслĕхсем татах та пур. Анчах та малта пыракансен опытне Чăваш республикинчи пулă тресчĕпе Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви начар тĕпчесе пĕтĕçтерессĕ, çав опыта пулă тытакан мĕнпур колхозсене çитерме тăрăшмасçĕ.

Республикăри пулă тресчĕпе Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви Шупашкар хулинче 1954 çулта пулă тытакан бригада организацилеме палăртассĕ. Çавăн пекех юханшывсене тата кӳлĕсенче пулă тытмалли вырăнсене кирлĕ-кирлĕ мар япаласенчен тасатас тăрас ĕçе организацилемелле.

Сăр шывĕпе Атăл çинче тата кӳлĕсенче пулла тĕлли-паллисĕр пĕтерессинчен хытă сыхламалла. Ку тĕлĕшпе Атăлпа Сăр шывĕ çинче уйрăмах йĕркесĕрлĕх нумай. Çĕршер центнер паха пулă республикăри пулă тресчĕпе суту-илӳ организацийĕсем урлă мар, урăх майсемпе саланса пĕтет. Пулă тытмалли йĕркесене сĕмсĕррĕн пăсакансене тивĕçлĕ ответ тыттармалла. Калас пулать, пулла сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен органсем ответлăха тивĕçлине туйса тăмаççĕ. Прокуратура органĕсем те пулă тытма право çук çынсен ĕçне питĕ вĕраххăн пăхса тухаççĕ. Пулă тытас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсен кӳллисемпе ытти шыв вырăнĕсенче çавнашкал киревсĕр ĕçсем тунăшăн айăплисене тивĕçлипе ответ тыттармалла. Тивĕçлĕ органсен ӳссе аталанма ăлкĕреймен пулăсене тытса сутакансене хытă айăплamalla. Ытлашши çамрăк пулăсене тытни вĕсен йăхне малалла ĕрчеме чăрмантарать. Çулсерен тытакан пулă хисепĕ вăл ĕрчеме пултарнинчен ытлашши пулмалла мар, Çавна ăна пулă тытакан хатĕрсене тĕрĕс суйласа илнипе йĕркелесе тăмалла.

Атăлпа Сăр шывĕ çинчи пулă тытмалли участоксем тата вĕсен таврашĕнчи кӳлĕсем нумайăшĕ хăйсен пĕлтерĕшне çухатнă. Çавăнпа та ĕнтĕ пĕр тăхтаса тăмасăр пулă тытмалли çĕнĕ вырăнсем хатĕрлеме тытăнмалла, ку ĕçе план тăрăх туса пымалла. Кĕркунне кӳлĕсенче пулă тытнă чухне паха йышши çамрăк пулăсене пĕтĕмпех юханшывсене кăларса ямалла.

Пулă запасне ӳстерес ĕçре колхозсенчи пĕвесем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вĕсем чăнахах та пысăк тухăçлăх пама пултарни Киев, Курск облаçĕсенчи тата Краснодар крайĕнчи пулă хуçалăхĕсен опытĕнчен аван курăнать. Кунта чылай пулă хуçалăхĕсем пĕвен кашни гектарĕ пуçне çулталăкра 15—20 центнер пулă çитĕнтереççĕ. Кун пек лайăх тĕслĕхсем пирĕн республикăри колхозсенче те çук мар. Апла пулин те, ку ĕçре халлĕхе пысăк чăрмавсемех тĕл пулаççĕ-ха. Çавсенчен пĕри вăл—шыв пухăнса тăракан тĕрлĕ вырăнсене яма çамрăк пулăсем ĕрчетессине начар йĕркелени.

Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви енĕпе 1953—1954 çулсенче Канаш районĕнчи Вырăскас Пикших ялĕ çывăхĕнче пулă ĕрчетмелли питомник тума палăртнă. Вăл çулсерен çулталăкри карпсем 125—130 пин ĕрчетсе ӳстермелле. Кунти питомникрен республикăри колхозсем пулă ĕрчетме çамрăк карпсем илсе тăма пуçлаççĕ. Çапла вара, Канаш, Çĕрпӳ, Чурачăк, Тăвай, Шăхасан, Комсомольски, Октябрьски, Чкаловски, Вăрмар районĕсенче пулă ĕрчетес ĕç палăрмаллах вăйланмалла.

Ишлей районĕнчи Чаканар ялĕ патĕнче тепĕр питомник тума палăртнă. Ку питомник çулсерен çамрăк карпсем 130—150 пин парса тăмалла. Кунтан чылай районсенчи колхозсен пĕвисенче, çавăн пекех Атăл тăрăхĕнчи кӳлĕсенче ĕрчетме çамрăк карпсем парса тăма тытăнаççĕ.

Асăннă питомниксене туса пĕтерсен те, кăнтăр тата кăнтăр-хĕвеланăç енчи районсене çамрăк пулăсем парса тăма май килмест-ха. Сăр шывĕ тăрăхĕнчи кӳлĕсене тата кунти колхозсен пĕвисене çамрăк пулăсем яма çулталăкра 200—250 пин карп ĕрчетсе пама пултаракан питомник тăвас пулать. Ку енĕпе Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин, Чăваш республикинчи пулă тресчĕн тивĕçлĕ районсенче кăçалах тĕпчев ĕçĕсем туса ирттермелле.

Республикăри пулă промышленноçĕн работникĕсем умĕнче, пулă тытас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсем умĕнче ответлă задача тăрать: вĕсен ĕçсыннисене паха пулă çителĕклĕ парса тăрассишĕн пĕтĕм пултарулăхпа ĕçлемелле. Çак задачăна ăнăçлă татса пама майсем çителĕклĕ. Чи малтан, пулă тытас ĕçе халичченхинчен нумай вăйлатмалла, колхозсенчи пĕвесенче, çавăн пекех кӳлĕсенче карп тата ытти паха йышши пулăсем нумай ĕрчетме тытăнмалла.

Инженер В. ПЕРОВ.

## Çĕрулми илме япăх хатĕрленнĕ

ЕЛЧĔК. Крахмал заводне çĕрулми тиснĕ лавсемпе автомашинăсем вĕçĕмсĕр килсе тăраççĕ. Кунта Елчĕк, Чкаловски, Комсомольски районĕсенчи тата Тутар республикинчи хăшпĕр районсенчи колхозсем государствăна çĕрулми параççĕ.

Кăçал крахмал завочĕн 4.975 тонна çĕрулми илмелле. Ку вăл иртнĕ çулхинчен чылай ытларах пулать. Колхозсемпе колхозниксем, çĕрулми государствăна обязательнăй йĕркепе панисĕр пуçне, нумай сутаççĕ. Районти Сталин ячĕпе тăракан колхоз автомашина илме 75 тонна, уйрăм колхозниксем пурĕ 100 тонна ытла çĕрулми сутнă.

Анчах завод çĕрулми илме тĕплĕн хатĕрленсе çитмен. Кунта çĕрулми хумалли вырăнсем çитмеççĕ. Складсемпе çĕр чавса тунă шăтăксем икĕ пин тонна ытларах çĕрулми вырнаçмалăх кăна. Халĕ çĕрулмине завод картишне, пылчăк çинех тăкаççĕ. Вăл çумăр айĕнче выртать. Сивĕ çанталăк пуçлансан, çĕрулми шăнма пултарать. Апла пулин те çĕрулмине витсе хума пĕр лав улăм та çук.

Çĕрулми пама пыракансем вăхăта усăсăр нумай ирттереççĕ. Çĕрулми пани çинчен квитанци çырса парасса кĕтекенсем яланах 20 çынран кая мар пулаççĕ.

Складсем патне пымалли çулсем япăх. Автомашинăсем час-часах пылчăк çине кĕрсе лараççĕ.

— Складсем патне автомашинăпа пыма май çук. Тепĕр рейс тăвас тенĕччĕ. Çук, ĕмĕтленни пулмарĕ. Кунта вăхăт усăсăр нумай иртет,—тесе пăшăрханать Молотов ячĕпе тăракан колхозран килнĕ Ермолаев шофер.

Завод дирекцийĕн çĕрулми хатĕрлес ĕçри çитменлĕхсене халех пĕтермелле.

А. МАХАЙЛОВ.
(Хамăр корр.).

### МЕХАНИЗАЦИ ШКУЛĔНЧЕ ВĔРЕНӲ ÇУЛĔ ПУÇЛАНЧĔ

ЕТĔРНЕ. Ялхуçалăх механизаци шкулĕнче вĕренӳ çулĕ пуçланчĕ. Шкулта 300 çын вĕренет. Кунта комбайнерсем, трактористсем тата ытти специалистсем вĕрентсе хатĕрлеççĕ. Шкулта вĕренме Шупашкар, Сĕнтĕр, Элĕк, Етĕрне, Хĕрлĕ Чутай тата ытти районсенчи колхозниксем нумай килнĕ.

М. ФЕДОРОВ.

*Редакцие килнĕ çыру*

## Парикмахерски çуртне хăçан туса лартĕç-ши?

Чурачăк районĕн центрĕнчи парикмахерски фанерăран вăхăтлăха тунă будкăра вырнаçнă. Çавăн пирки унта хĕлле ĕçлеме май çук.

Кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра Г. Табаков парикмахер, сӳç касмалли тата сухал хырмалли инструментсен ещĕкне йăтать те, учрежденисемпе кантурсем тăрăх клиентсем шыраса çӳрет.

Çулталăк каярах районти «Сĕнтерӳшĕн» хаçатра «Шăнкăрч йăви» ятлă фельетон пичетленсе тухрĕ. Унăн авторĕсем район центрĕнче парикмахерски çурчĕ тума сĕнчĕç. Унтанпа 10 уйăх иртрĕ. Çапах та парикмахерски валли çурт тупса памарĕç.

Чурачăк райисполкомĕ кăçалхи августăн 20-мĕшĕнче промкомбината парикмахерски валли çурт туса лартма хушса решени йышăнчĕ тата 12.836 тенкĕ укçа уйăрса пачĕ.

Унтанпа уйăх иртрĕ ĕнтĕ. Промкомбинат директорĕ Захаров юлташ парикмахерски çурчĕ валли пура темĕншĕн вырăнта мар. Трак станцийĕнче тутарма тытăнни çинчен хыпар çитрĕ. Анчах тытăннă кăна-ха.

Парикмахерски çуртне лартас ĕçе васкатасчĕ, ăна çанталăк сивĕтиччен туса лартасчĕ.

С. ФЕДОРОВ.

# Фельдшерица

Ялти фельдшерсен ĕçĕсем çинчен ыйтсан, районти сывлăх пайĕн заведующийĕ Г. Макаров юлташ Этменти Мария Филипповна Филиппова фельдшерицăна ăнă кăмăлпа асăнать.

— Пултарать вăл,—тет Макаров юлташ.

Мария Филиппова вăрçă çулĕсенче фельдшерпа акушер шкулĕнчен питĕ лайăх вĕренсе тухнă та тӳрех фронта кайнă. Вăрçă чарăнсанах Филиппова юлташ пĕр тапхăр Шупашкарта ĕçлесе пурăннă. Вăл Этменти фельдшер пунктне иртнĕ çул кăна ĕçлеме килнĕ. Апла пулин те ăна ял Советĕнчи кашни çынах хисеплесе асăнать. Ял Советĕнче пурĕ 5 ял. Филиппова юлташ эрнере кашни ялах çитме ĕлкĕрет. Вăл ял çыннисене нумай пулăшнă. Çавна фельдшерица патне килекен çырусем те кăтартса пăраççĕ.

«Хисеплĕ Мария Филипповна! Сире эпĕ чун-чĕререн тав туса, хĕрӳллĕ матросла салам яратăп. Трахома чирĕнчен эсир сыватрăр мана. Халĕ Тăван çĕршыва çирĕп хурал тăратăп, сире те малалла хăвăр ĕçре татах пысăк çитĕнӳсем тума ăнăçлăх сунатăп»,—тесе çырать Василий Петров. Кун пек çырусем фельдшерица час-часах илет.

— Ĕçре тăрăшни халăх умĕнче курăнса тăрать. Ял культурăланни, халăх таса та сывă пурăнни ĕçлес кăмăла çĕклет,—каласа парать Филиппова юлташ.—«Пирĕн çĕршывра çын—чи хаклă капитал». Çак ăслă сăмахĕсене эпир, медицина работникĕсем, яланах асра тытатпăр.

Фельдшер пункчĕ таса та илемлĕ. Пӳлĕмре тăвата чӳрече. Пӳлĕмре тĕкĕр, сехет, улăштармалли халатсем, занавескăсем, медицина инструменчĕсемпе эмелсем хумалли икĕ шкаф, сĕтелсем çинче медицина ыйтăвĕсем тăрăх çырнă кĕнекесем пур.

Филиппова юлташ ĕçре тĕл пулнă тĕслĕхсене час-часах колхозниксене каласа парать. Чир-чĕртен мĕнле сыхланмалли çинчен колхозра тухса тăракан «Ялав» стена хаçачĕ çине статьясем çырать. Кун пек статьясенчен пĕринче çакăн çинчен калать: Миша Звонарев пионер питне тимре ернĕ. Ача çак чир ăна ăçтан, мĕнле майпа ерни çинчен фельдшерицăна каласа пама пултарайман. Мария Филиппова çав ачаран кушак таврашĕнчен ермен-и, тесе ыйтнă. Чăн та, Мишасен кушак çури пулнă. Анчах вăл таса, тесе ĕнентернĕ. Фельдшер çапах та кушак çурине выльăх фельдшерне тĕрĕслеттерсе пăхма хушнă. Чăн та, кушак çурине тĕрĕслесе пăхнă хыççăн, вăл чирли палăрнă, Мишăна тимре çавăнтан ернĕ иккен. Статья вĕçĕнче фельдшер ачасене йытă-кушакран сыхланма кирли, вĕсене тытнă хыççăн алă çăвасси çинчен, вĕсенчен хăрушă чир-чĕр сарăлма пултарасси çинчен аса илтерет.

Фельдшер пунктне çынсем тăтăшах пырса тăраççĕ. Анă пĕр ватă колхозница пӳлĕме куçне тытса кĕчĕ.

— Тырă сăвăрнă чухне куçа çӳп кĕрсе кайрĕ,—терĕ вăл кĕрсенех.

Фельдшер самантрах ватă колхозница куçĕнчи çӳпе кăларчĕ.

— Тĕрĕс тунă эсир, кивсеми, кунта килсе,—тет М. Филиппова.—Сирĕн куçăра хăлчăк тăранчă. Çийĕнчех килмесен пулсан, куçа аптăратма пултаратчĕ.

А. Павлова колхозницăн 7 çулхи ачи Сема васкăне аванах сывăрма выртнă. Сасартăк çĕрле вăл йăйăпса вăранса кайнă та, калаçайми пулнă. Павлова аслăрах ачине çĕрлех фельдшерица патне чуптарнă. Фельдшерица васкавăн пырса, градусник лартса пăхнă. 40 градус... Филиппова юлташ ачана укол тунă. Вара ача температури кăштах чакнă. Ир енне ачана районти больницăна илсе кайнă.

Эпир пур чухне Филиппова юлташ телефонпа калаçрĕ.

— Пирĕн 7 çулхи Семен Григорьев сывалать-и?—ыйтрĕ вăл. Леренн «ыран киле пырать» тесе пĕлтерсен, фельдшер питкуçĕ çуталсах кайрĕ.

— Хамăр ял Советĕнчен кам та пулин чирлĕ выртать пулсан, чĕрене пĕртте канăç çук. Кашни кун ыйтатăп вара чирлĕ çын сывлăхĕ çинчен,—каласа парать пире Филиппова юлташ.

Пӳлĕме каллех тепĕр ватă колхозница кĕчĕ. Вăл кинĕ ача çуратма тытăнни çинчен пĕлтерчĕ. Фельдшерица хăвăрт тумланчĕ.

— Эсир килекенсем пулсассăн пулăшу парăр,—хушса хăварчĕ вăл Александра Михайловна Михайлова трахсестрана.

Филиппова юлташ колхозницăсемпе тачă çыхăну тытса ĕçлет. Вăл час-часах докладсемпе калаçусем ирттерет.

— Лекцисем ирттернĕ чухне эпĕ вырăнти тĕслĕхсемпе ытларах усă куратăп. Çакă вăл мана малашнехи ĕçре пулăшать. Çапла эпĕ «Трахомăна хăвăртрах пĕтерер» темăпа лекци ирттернĕ чухне хăшпĕр сывмар çынсем фельдшер пунктне йĕркеллĕ çӳременни çинчен каларăм. Çавăн хыççăн вĕсем йĕркеллĕ çӳреме тытăнчĕç.

Филиппова юлташ хăйĕн пĕлĕвне çултан-çул ӳстерсе пырать. Иртнĕ çулта вăл политкружок занятийĕсене йĕркеллĕ çӳренĕ. Кăçал та çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленсе, вĕренӳре кирлĕ материалсене тупса хунă. Хăйĕн пĕлĕвне ӳстерсе пыма ăна хаçат-журнал çырăнса илни чылай пулăшать. Вăл «Медицинский работник», «Коммунизм ялавĕ» тата районти «Совет ялавĕ» хаçатсене çырăнса илнĕ.

А. ЛУКИН.

Советски районĕ.

## Çирĕм иккĕмĕш выляв

Пирĕн çĕршывri ĕçсыннисен пурнăçпа ĕçлă условийĕ çулсеренех лайăхланса пырать. Вĕсем хăйсен ытлашши укçитенкине перекет кассинче усраççĕ. Çакă государствăшăн та, вкладчиксемшĕн те усăллă.

Перекет кассисенчи вкладсем хушшинче выляса илмелли вкладсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Çакăн пек вкладсем тăрăх процент укçи мар, выляв укçи тӳлеççĕ. Вылявсем кашни ултă уйăхра пĕрре апрель тата октябрь уйăхĕсенче пулаççĕ.

Кашни выляври пин счет çине 25 выляв тухать. Вĕсенчен пĕри вкладăн вăтам суммин 200 процентĕ чухлĕ, икĕ счет çине 100 процент чухлĕ тата 22 счет çине 50 процент чухлĕ выляв укçи тухать.

Октябрĕн 8-мĕшĕнче Шупашкарти учительсен çуртĕнче выляса илмелли вкладсен 22-мĕш вылявĕ пулса иртрĕ.

Выляв пулнă залра хулари ĕçсыннисем нумай пулчĕç.

Выляса илмелли вкладăн 130-мĕш счечĕ çине вклад суммин 200 процентĕ чухлĕ выляв укçи тухнă.

### Выляв укçи илеççĕ

ЙĔПРЕÇ. Районти ĕçсыннисем государство заемĕсен облигацийĕсемпе çулленех выляв укçи нумай илеççĕ. Кăçал перекет касси 3,206 çынна 607 пин тенкĕ выляв укçи тӳленĕ. Вăл шутран пĕр çын 50.000 тенкĕ, пĕр çын 25 пин тенкĕ, икĕ çын 5-шер пин тенкĕ выляса илнĕ.

И. ТИХОНОВ.

### Бухгалтерсемпе счетоводсем вĕрентсе кăлараççĕ

ССР Союзĕн Центральнăй Статистика Управленийĕн Горький хулинчи вĕренӳ комбиначĕн Шупашкарти филиалĕнчен çулленех вуншар бухгалтерсемпе счетоводсем вĕрентсе кăлараççĕ. Кăçал çак филиалтан 280 çын вĕренсе тухнă. Вĕсенчен нумайăшĕ производствăра ĕçленĕ вăхăтрах бухгалтер тата счетовод специальноçĕсене вĕреннĕ.

Хальхи вăхăтра бухгалтерсем вĕрентсе хатĕрлекен курсра 65 çын, счетоводсен курсĕнче 70 çын вĕренет. Çавăн пекех предприятисемпе учрежденисенче ĕçлекен бухгалтерсемпе семинарсем ирттереççĕ. Халĕ колхозсенче ĕçлеме счетоводсем хатĕрлекен курса вĕренме илеççĕ. Курса çичĕ çул вĕренмелли шкултан вĕренсе тухнисене илеççĕ.

## Кусλавкка поселокĕнче

★ **Çĕнĕ клуб.** Поселокра культура çурчĕ, рабочисен клубĕ тата кинотеатр пур. Халĕ çĕнĕ клуб лартаççĕ. Клубăн пысăк залĕнче 400 вырăн пулать. Строительство валли кăçал 145 пин тенкĕ уйăрса панă.

★ **Пурăнмалли çуртсем.** Поселок урамĕсем пурăнмалли çĕнĕ çуртсемпе илемленеççĕ. Пĕлтĕрпе кăçал заводри рабочисем валли икĕ хутлă, 12-шер хватерлĕ тăватă çурт туса лартрĕç. Поселокра кун пек çуртсем пурĕ 44. Рабочисемпе служащисем хăйсем 200 çурт лартнă.

Государство кăçал заводри рабочисем валли çĕнĕ çуртсем лартма тата киввисене юсама 800 пин тенкĕ уйăрса панă.

★ **Тротуарсемпе картасем.** Рабочисен поселокĕнчи чылай урамсенче хăмаран тротуарсем сарса тухнă. Кăçал пурăнмалли çуртсемпе учрежденисем умне те тротуарсем сарчĕç. Тĕп урамсен икĕ енĕпе пурĕ 1.565 метр тăршшĕ карта тытнă.

★ **Парксемпе скверсем.** Район центрĕнче пысăк парк туса çитереççĕ. Унта ĕçсыннисем лартнă çĕршер тополсемпе вĕренесем, хурăнсемпе çăкасем тата ытти йывăçсем çитĕнеççĕ. Рабочисен поселокĕнче илемлĕ сквер турĕç. Сквер таврашне хитре карта тытнă.

Пĕлтĕр кĕркунне тата кăçал çуркунне поселок урамĕсенче пилĕк пин тĕп йывăç лартнă. Çак кунсенче те йывăç нумай лартаççĕ.

(Хамăр инф.).

# ХУЛА ÇЫВĂХĔНЧИ МТС

### ЮЛТАШЛА КАЛАÇУ

Вăрман ăшĕнчи чул сарнă çулпа кăштах кайсан, пысăк уçланкă курăнса кайрĕ. Сылтăмра ултă пӳртлĕ вĕсĕке урам, сулахайра — Шупашкар МТС килкарти. Нимта та пĕр çын та курăнмасть. Килкарти патне çывхарма пуçласан, йытă вĕрме пуçларĕ. Чарăнтăм.

— Шăп пул!—илтĕнчĕ сасă.

Хапха çумĕнчи пӳрт алăкĕнчен хутрарах кăна старик тухрĕ.

— Мĕн ес кăнтăр варринче вĕрестĕн!—кăшкăрчĕ йыттине старик.

Йытă вĕрме пăрахрĕ те килкартинелле кĕрсе кайрĕ.

Паллашрăм старикпе. МТС хуралçи Архипов пулчĕ иккен. Вăл тӳпенелле пăхса, çанталăка ятласа илчĕ те ăшăнма хурал пӳртне илсе кĕчĕ.

— Эсир, хисеплĕ юлташ, директор патне килтĕр пулĕ-ха,—терĕ те вăл, эпĕ хирĕç каласса кĕтмесĕрех, телефонпа шăнкăртаттарма пуçларĕ:

— Алло... Директор кабинечĕ-и?.. Николай Архипыч сăмахлать... Петр Ильич унта-и?.. Алексей Иваныч та çук-и?.. Шел, шел... Таврăнсан, мана шăнкăртаттарăр вара. — Унтан, телефон трубкине çакса, мана сак çине ларма сĕнчĕ:—Кăмака çумнерех ларăр, ăшăнăр... Петр Ильич вăл пирĕн директор, хушамачĕ—Смирнов. Вăл райкома кайнă. Унăн заместителĕ—Семен Иванович Иванов. Вăл бригадăсен ĕçĕсене тĕрĕслеме колхозсем тăрăх кайнă. Хуçалăх пирĕн питĕ пысăк вĕт, юлташ: 41 колхоз! Кашни колхозра МТС машинисем ĕçлеççĕ. Пурĕ 67 трактор, 19 комбайн, авăн çапмалли, ытти машинăсем мĕн чухлĕ!.. Малтанхи çулсенче колхозниксем пирĕнпе договор тăвасшăнах марччĕ, мĕншĕн тесен машина уссине тавçăрса илеймен курăнать, халĕ пур ĕçе те машинăсемпе тума тăрăшаççĕ. Тырра жнейкăпа вырнипе çырлахасшăн мар, комбайнпа выртарасшăн. Тĕрĕс тăваççĕ: комбайнпа хăвăрт та пулать, тырă та тăкăнмасть, колхозниксем те пушанаççĕ—урăх ĕç тума пултараççĕ. Лайăх колхозра ĕç çителĕклĕ, пĕр çын та пушă лармасть...

Николай Архипович кунта 15 çул, МТС пуçланса кайнăранпах ĕçлет иккен, çавăнпа хăйсен МТС историне, унăн авторитечĕ колхозниксем умĕнче çулсерен ӳссе пынине лайăх пĕлсе тăрать.

Нумаях та лараймарăмăр, хурал пӳртне пĕр çамрăк çын, МТС-ăн техник-строителĕ Анатолий Семенович Семенов, пырса кĕчĕ. Ку таранччен МТС штатĕнче строитель пулман. Семенов вăрçăччен колхозра платник бригадинче ĕçленĕ, вăрçăран таврăнсан, Горький хулинчи строительнăй техникума вĕренме кĕнĕ. Кăçал çуркунне техникумран вĕренсе тухнă та тӳрех МТС-а ĕçлеме кĕнĕ.

— МТС-ра та, колхозсенче те пирĕн валли ĕç нумай,—терĕ Анатолий Семенович.—Самоходнăй комбайнсем валли 3 сарай тумалла (пĕрне туса пĕтертĕмĕр ĕнтĕ), тракторсем валли те 3 сарай тăвас пулать, 75 трактора харăс ремонтлама юрăхлă мастерской тумалла, МТС-ра ĕçлекенсене пурăнмалли çуртсем кирлĕ (пĕр тăвата хваттерлĕ пӳртне турăмăр та ĕнтĕ)... Колхозсенче мĕн чухлĕ ĕç! Ку сахал, главнăй механик Анисимов тата агроном Васильев МТС-ра хăйсем пӳрт лартасшăн. Вырăн пама ыйтса заявленисем çырчĕç ĕнтĕ...

— Эпир те вырăн касса пама заявлени çыртăмăр, Анатолий Семенович!—илтĕнчĕç вырăсла сăмахсем.

Хурал пӳртне Семилетов трактористпа унăн помощникĕ Гонтарев кĕчĕç.

— Эсир пирĕн МТС-ран каясшăн марччĕ-и?—ыйтрĕ кусенчен, хăрах куçне хĕссе, хуралçă.

— Николай Архипыч, кирлĕ-мара ан калаç-ха,—йăл кулса ячĕç трактористсем.—Кунтан кам кайтăр? Вырăнĕ пит илемлĕ вĕт... Трактористсем нумайăшĕ пӳрт лартасшăн...

— Пирĕн вырăн пекки!.. Çамрăкрах пулсан, хам та дача лартаттăм,—кулса илчĕ Николай Архипович.

— Пирĕн чи малта пыракан трактористсем,—паллаштарчĕ мана Семенов.—«ДТ-54» текен тракторпа ĕçлеççĕ, пĕрмай планран ирттерсе сухалаççĕ. Кăçал вĕсен планпа 1.160 гектар сухаламаллаччĕ, вĕсем 1.900 гектар сухаларĕç.

— Икĕ пине çитеретпĕр, Анатолий Семеныч,—ним мухтанмасăр тӳрлетрĕ Семилетов. Унтан помощникĕ çине пăхса:—Çитеретпĕр-и, Володя?—тесе ыйтрĕ.

— Çитеретпĕр,—терĕ леш.

Çак трактористсем çинчен директор кайран çапла каларĕ: «Семилетов кунта Инçет Хĕвелтухăçĕнчен килчĕ. Гонтарев—Сталино облаçĕнчен. Пирĕн МТС-ра вĕсем виçĕ çул çеç ĕçлеççĕ-ха. Малтанхи çулсенче вĕсене мухтамаллиех çукчĕ, кăçалхи çул вара тĕлĕнтермеллипех тĕлĕнтереççĕ: çĕрĕн-кунĕн сухалаççĕ..

Ларсан-ларсан механизаторсем пуçтарăнчĕç. Хурал пӳртĕнче пĕчĕк пуху пекех пулчĕ. Пурте партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлени çинчен сăмах тапратса яма тăрăшаççĕ. Постановление хăйсем пурте пĕлеççĕ, пурте вуланă, анчах ыйтусем пĕрин хыççăн тепри сике-сике тухаççĕ: пĕрисем МТС-ăн малашнехи задачисене тĕплĕрех ăнланса илме тăрăшаççĕ, теприсем колхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышне ӳстерессипе интересленеççĕ, хăшпĕрисем МТС-а çĕрулмине тăватхал тĕмĕн лартмалли машинăсем килни çинчен сăмах тапратрĕç.

— Тăватă машина çеç килнĕ-ха, —терĕ хуралçă.—Пирĕн владенинче 41 колхоз...

— Машинисене тата та ярĕç-ха, —пӳлчĕ старике Семилетов.—Уншăн хăрамалли çук... Ик-виç çултан колхозсем мĕнле пуйса кайĕç, çавă мана савăнтарать.

Тĕттĕм пула пуçларĕ, трактористсемпе механизаторсем çаплах Тăван çĕршыва пуйтарасси çинчен калаçаççĕ. Мĕнле таса кăмăллă çынсем пурăнаççĕ пирĕн çĕршывра! — тесе хаваслăн кăшкăрса калас килет вĕсене итлесе ларнă чух. Мана, ват çынна, революцичченхи пурнăçа курнăскере, хальхи çынсем пачах тĕлĕнтереççĕ. Ĕлĕк çынсем хăйсен пурнăçĕ çинчен çеç шухăшлатчĕç, халĕ кашни хăй ĕçне государство ĕçĕпе çыхăнтарма тăрăшать.

Телефон шăнкăртаттарчĕ, старик трубкăна илчĕ:

— Николай Архипыч итлет... Ахă, пит аван...

Хуралçă трубкине çакрĕ те, директор райкомран таврăнни çинчен пĕлтерчĕ. Семенов мана МТС кантурне ăсатса ячĕ.

### ДИРЕКТОР ПАТĔНЧЕ

Пĕчĕкçеççĕ пӳлĕм, икĕ сĕтел, виç-тăват пукан, сĕтел çинче краççын лампи çунать. МТС-ра электричество çук мар, анчах станци ултă сехетчен—ремонт тăвакан мастерской ĕçлеме пăрахиччен çеç ĕçлет.

— Канцелярире ахаль лампа çутнипе те ĕçлеме пулать-ха,—терĕ Петр Ильич.

Кабинетра директорпа пĕрле çамрăк агроном Гаврил Федорович Яруткин ларать. Яруткин кăçал анчах Шупашкарти ялхуçалăх институтĕнчен вĕренсе тухнă, çавăнпа-и тен, директор калаçнă чух, хăй пĕлнипе мухтанас мар тесе-и, ун сăмахне пӳлмест, пĕр-пĕр ĕç çинчен ыйтсан çеç вĕсен ответлет.

Петр Ильич малтан МТС-ри ятлă работниксем çинчен каласа пачĕ. Ятлă çынсем кунта сахал мар иккен: комбайнерсенчен чи малта пыраканĕ—Петров Михаил Петрович. Вăл самоходнăй комбайн çинче ĕçлет, нумай пулмасть парти ретне кĕнĕ. Евлампьев Валентин, Тихонов Матвей, Бородов Леонид, Силков комбайнерсем те Петровран юлса ĕçлемесçĕ-мĕн. Трактористсенчен, çӳлерех асăннă Семилетовпа Гонтаревсăр пуçне, Марфа Андреевна Смирновăна пит мухтарĕ. Вăл комбайнпа та, тракторпа та ĕçлет иккен. Унтан Денисова Анфиса токаре, сложнăй молотилкăпа ĕçлекен Ильин Михаил машиниста, трактористсен бригадирĕсене — Иван Сергеевич Сергеева, Юрий Михайлович Чинаева, Леонид Сергеевич Сергеева, Василий Антонович Антонова палăртрĕ. Антонов бригади кăçалхи çул чи малта пырать иккен. Ун бригади плана 105 процент тултарнă.

— Пирĕн МТС-ра ĕлĕкрех тракторист пулса ĕçленĕскерсем, юлашки вăхăтра колхозсенче пулнă Егоров Василий Егорович, Верхилеев Анисим Васильевич, Иванов Всеволод Иванович каллех МТС-а ĕçлеме кусрĕç. Виççĕшĕ те пит аван ĕçлеççĕ. Ку таранччен МТС ĕçне рабочисем час-час улшăнса тăни пит кансĕрлетчĕ, юлашки пĕр-ик çул хушшинче унашкал сиенĕ хăтăлтăмăр, темелле. Партин Центральнăй Комитечĕн юлашки Пленумĕ хыççăн пĕр вырăнта пурăнма юратмаписем те хăйсене пурăнма пӳрт лартасшăн. Ку вара пит хĕпĕртеттерет. Халĕ агрономсемпе зоотехниксем çинчен нумай шухăшлатпăр, питĕ сахал вĕсем. Паянхи куна пирĕн колхозсенче 30 агроном çеç-ха, вĕсенчен аслă шкул пĕтернисем 4, зоотехниксем—20. Цуринчен ытла зоотехниксемпе овощеводсем кирлĕ пулаççĕ. Анчах ку проблема пире хăратмасть. Шупашкарти заготпунктра 25 çул ĕçленĕ Ф. П. Петров агроном тата овощевод Д. А. Андреев колхозсенче ĕçлеме илĕр тесе заявленисем çырса пачĕç. Унашкал çынсем тата пулĕç-ха. Совет çыннисем—партире тăраканнисем те, партире тăманнисем те—Коммунистсен партийĕ чĕнсен, пĕтĕм вăйне хурса ĕçлеççĕ, парти хушнине кирек мĕнле пулсан та пурнăçлаççĕ...

### УЯР ИР

Тепĕр кунне директор секретарĕ патне кĕтĕм. Секретарĕ тăватă йĕкĕт хупăрласа илнĕ. Пурте вĕсем комбайнер, тракторист пуласшăн, вĕренме яма ыйтса заявлени çырса килнĕ. Ласточкин Герман «Память Ленина» колхозран, Федоров Андрей Водопьянов ячĕпе тăракан, Алексеев Василипе Иванов Николай Кагановиĉ ячĕпе тăракан колхозсенчен.

— Пурĕ 54 ача заявлени пачĕç ĕнтĕ,—терĕ секретарь.—Тата парас текенсем те пур-ха... Пире — 20 комбайнер-механик, 30 тракторист-дизельмотористсем çеç кирлĕ... Хăшне отказ памалла, аптăрарăм ĕнтĕ: пурте вĕренесшĕн:

МТС-ран таврăннă чух çанталăк уяртса ячĕ. Тӳпе кăн-кăвак, пĕр çумăр пĕлĕчĕ курăнмасть. Хĕвеланăç енчен ăшă çил вĕрет. Канаш çулĕ çине тухрăм. Хĕрсем юрлани илтĕнсе кайрĕ, юрă çывхарнăçемĕн çывхарать. Кӳкеç енчен виçĕ тонналлă грузовик килни курăнчĕ. Тулли кузов çинче—хĕрсем. Алла çĕклерĕм, машина чарăнчĕ.

— Ларăр ман çумма, юлташ,—терĕ шофер.

Грузовик Шупашкаралла вĕçтерчĕ.

— Государствăна çĕрулми леçме кайтпăр,—пĕлтерчĕ шофер.

Хĕрсем каллех юрра ячĕç.

Сулăн икĕ енĕпе ӳсекен çулĕ йывăçсем ылтăнлана пуçланă.

Мĕнле илемлĕ пирĕн Тăван çĕршыв! Пирĕн çĕршыври çынсем те ытарма çук чипер те кăмăллă.

Рабочисем, хресченсем тата пирĕн интеллигенци ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен партин Центральнăй Комитечĕн сентябрь уйăхĕнче пулса иртнĕ Пленумĕ йышăннă постановленине вĕсе вăхăтрах пурнăçласса шанас килет. Иккĕленме кирлĕ те мар. Пурнăçлатпăрах!

И. МАКСИМОВ-КОШКИНСКИЙ.

Венгри Халăх Республикинчи шахтерсем пысăк çитĕнÿ тунă. Çĕршывра çĕр кăмрăкĕ кăларасси, вăрçă умĕнхипе танлаштарсан, икĕ хут ÿснĕ. Халĕ çĕнĕ шахтăсем тăваççĕ, вăй нумай ытакан ĕçсене механизациллеççĕ. Венгрири шахтăсенче Совет Союзĕнче тунă çĕр кăмрăкĕ кăлармалли «Донбасс» комбайнпа, врубовой машинăсемпе тата ытти механизмсемпе усă кураççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Венгри Халăх Республикинчи пĕр шахтăра рабочи врубовой машинăпа çĕр кăмрăкĕ катса кăларать.

«МАДЬЯР ФОТО» фотоÿкерчĕкĕ.

# „Цзинцзичжоубао“ журнал Совет Союзĕ Китая пулăшни çинчен

ПЕКИН, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Цзинцзичжоубао» журнал Совет Союзĕ Китай халăхне экономика енĕпе паракан пулăшу çинчен статья пичетлесе кăларнă.

Кăçал, — тенĕ статьяра, Китай Халăх Республики экономика строительствин пĕрремĕш пилĕкçуллăх планне пурнăçлама тытăнчĕ. Çак строительствăна анлăн туса пыма пирĕн аслă союзник—Совет Союзĕ пулăшни хавхалантарать. 1959 çул тĕлне Совет правительстви 141 шутра промышленность предприятийĕ туса лартас тата çĕнĕ оборудованипе пуянлатас тĕлĕшпе пулăшу пама пулчĕ.

Китай Халăх Республикипе Совет Союзĕ хушшинче аталанса пыракан суту-илÿ ĕçĕсем çинче чарăнса тăрса, журнал Китай Халăх Республикипе Совет Союзĕ хушшинчи суту-илÿ пĕр танлăх тата икĕ енĕшĕн те усăллă никĕс çинче аталанса пынине палăртать. Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи суту-илÿ ĕçĕ вăйланнине пула тĕнчери суту-илÿ рынокĕнче Китайăн ĕçĕсем хăвăрт лайăхланчĕç.

Совет Союзĕ Китай Халăх Республикине техника енĕпе пулăшу панине пула, тесе çырать малалла хаçат, Китайри йывăр промышленноçăн чылай предприятийĕсенче производство шайĕ халиччен чи çÿлте пулнă чухнехи шайран та иртсе кайрĕ. Чугун тата хурçă шăратса кăларасси пур районсенче те проектпа палăртнă нормăсенчен иртрĕ. Иртнĕ виçĕ çул хушшинче Аньшаньри металлурги комбинатĕнче домна кăмакисен чугун шăратса кăларакан лаптăкĕ 72 процент, мартен кăмакисен хурçă шăратса кăларакан лаптăкĕ 39 процент таран ÿснĕ. Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри машинăсем тăвакан 3-мĕш номерлĕ завод совет специалисчĕсем пулăшнипе кашни кварталта 50—100 станок ытларах туса кăларать.

Совет специалисчĕсем пире предприятисене ертсе пырас тĕлĕшпе малта пыракан меслетпе паллаштарни те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Совет Союзĕнчи малта пыракан техникăпа опыта Китай Халăх Республикинче анлăн вĕренеççĕ, ăнăçлăн ĕçе кĕртсе пыраççĕ. Малта пыракан совет техникине усă курса ĕçлекен вырăнсенче ĕç пачах çĕнĕлле пулса пырать. Тĕслĕхрен, Чаньчунь чугун çулĕ çинче пире совет специалисчĕсем администрациле тата техникăла ĕçсем тĕлĕшпе пысăк опытпа паллаштарчĕç. Вĕсем 16.300 рабочи тата служащи вĕрентсе хатĕрленĕ. Совет специалисчĕсем шоссе çулĕсем тăвас тата вĕсемпе усă курас тĕлĕшпе Китай Халăх Республикине пысăк пулăшу пачĕç. Çакна пула шоссе çулĕсем тунă çĕрте материалсем 20 процент ытла перекетленĕ.

Совет специалисчĕсем Китай Халăх Республикине шыв транспортне лайăхлатас тĕлĕшпе, çавăн пекех финанс енĕпе, укса-тенкĕ çаврăнăшне йĕркелес, суту-илÿ, ялхуçалăхĕ, вăрман хуçалăхĕ, ирригаци енĕпе пысăк пулăшу пачĕç.

Хуайхэ тата Цзинхе юханшывĕсем çинче, çавăн пекех ытти çĕрте гидротехника сооруженийĕсем тăвас ĕçпе çыхăнса тăракан техникăлла пысăк ыйтусене совет специалисчĕсем пулăшнипе татса панă.

Журнал çакна палăртать: Совет правительстви, Китай республикине çĕнĕ предприятисем туса лартма тата кивĕ предприятисене юсама пулăшас шутпа пире техникăлла кадрсем хатĕрлеме те пысăк пулăшу парать. Китай рабочийĕсемпе техникĕсем хăйсен специальноçĕ тăрăх Совет Союзĕнчи предприятисенче практикăра пулса вĕренме пултараççĕ.

Совет Союзĕ экономика строительствинче Китая пулăшу пани, тесе çырать юлашкинчен журнал, социализмла государствăн аслă интернационализмĕ çинчен, Китайпа СССР хушшинчи аслă туслăх çинчен калать.

# Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕ йышăннă постановлени

ПХЕНЬЯН, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри тĕп телеграф агентстви Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Совет Союзне кайса килнĕ правительство делегацийĕн ĕçĕсене ырласа йышăннă постановлени çинчен пĕлтерет.

Совет Союзĕн столицинче—Мускавра сентябрĕн 11-мĕшĕнчен пуçласа 19-мĕшне çитиччен пулса иртнĕ калаçусем пирĕн çĕршыва малалла аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ, тенĕ постановленире. Калаçусем пынă вăхăтра Корейăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслă çыхăнусене малалла аталантарас, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас, пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне вăрçă хыççăнхи вăхăтра юсаса аталантарас тĕлĕшпе Совет Союзĕ Корейăна пулăшу парасси çинчен тăракан ыйтусене сÿтсе явнă.

Çак калаçусен результачĕсене пĕтĕмпех ырласа тата саламласа йышăнса, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕ Совет правительствипе совет халăхне Совет Правительстви Корея халăхĕшĕн тăрăшнăшăн тата ун çине тимлĕн пăхнăшăн чĕререн питĕ хытă тав тăвать. Çак калаçусен результачĕсем Корейăпа СССР хушшинчи туслă çыхăнусене тата ытларах тĕреклетсе сÿлĕрех пусăма çĕклеççĕ, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас, Азире тата пĕтĕм тĕнчере мире сыхласа тăрас тата хăрушсăрлăх туса хурас ĕçшĕн пысăк çитĕнÿ пулса тăраççĕ. Çак результатсем пирĕн çĕршывăн вăрçă ишĕлтерсе хăварнă халăх хуçалăхне хăвăрт юсаса малалла аталантармалли, пирĕн халăхăн материальнăй тата культурăллă пурнăçне лайăхлатмалли шанăç пулса тăраççĕ. Пире Совет правительстви паракан çакăн пек пысăк пулăшу тата тепĕр хут çакна кăтартса парать: аслă Совет Союзĕ пирĕн халăха ирĕке кăларакан çĕршыв кăна мар тата пирĕн чăн-чăн шанчăклă та лайăх тус пулса тăрать. Совет Союзĕ тытса пыракан тулашри политика—пысăк тата пĕчĕк халăхсемпе килĕштерсе ĕçлес тата туслă çыхăну тытас никĕс çинче, пĕртанлăх принципĕпе халăхсен суверенитетне хисеплес принцип çинче тытăнса тăракан политика—тĕрĕслĕхлĕ политика пулса тăрать.

Пĕтĕм Корея халăхĕ совет халăхĕпе тытакан туслă çыхăнусене тата ытларах тĕреклетсе пырать. Çак çыхăнусем вĕсем пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсен çирĕп шанчăкĕ пулса тăраççĕ. Корея халăхĕ хăйĕн пĕтĕм ĕçне, хăйĕн мĕнпур вăйĕсене пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне вăрçă хыççăнхи вăхăтра юсаса малалла аталантарас ĕçе, тăван çĕршыва мирлĕ майпа пĕрлештересе унăн никама пăхăнманлăхне туса хурас ĕçе, Инçет Хĕвелтухăçĕнче тата пĕтĕм тĕнчере мире сыхласа тăрас тата хăрушсăрлăх туса хурас ĕçе парĕ, çапла вара вăл хăйне пысăк пулăшу панăшăн Совет Союзне тав тăвĕ.

# Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществине туса хунăранпа 4 çул çитнĕ

ПЕКИН, октябрĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинче Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществине туса хунăранпа октябрĕн 5-мĕшĕнче тăватă çул çитнĕ. Çак вăхăт хушшинче общество Китайри чи массăллă организаци пулса тăнă. 1953 çулхи январь уйăхĕ тĕлне кăтартакан сведенисем тăрăх, вăл хăйĕн речĕсенче 68 миллион çынна ытла пĕрлештерсе тăрать. Çĕршывра обществăн провинцисенчи, хуласенчи тата уездсенчи уйрăмĕсем 1.955 тата фабрикăсемпе заводсенчи, учрежденисенчи уйрăмсем 613.160 шутланаççĕ.

Обществăн рабочи комитечĕн председателĕн заместителĕ Ли Цзян-у «Чжунсуюхао» хаçатра çапла çырать: Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха тĕреклетессишĕн тата Совет Союзĕнчи малта пыракан опыта вĕренессишĕн пыракан юхăм Китай Халăх Республикинче пĕтĕм нацин массăллă юхăмĕ пулса тăчĕ.

# Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительствин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай пĕлтерни

ПЕКИН, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Китай Халăх Республикин Центральнăй радиостанцийĕ Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительствин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай тунă заявлени çинчен пĕлтерчĕ. Заявленире Совет правительстви Франци, Англи тата Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительствисене панă нотăра пилĕк аслă державăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен тăратнă сĕнĕве ырласа йышăнни çинчен пĕлтернĕ. Унта çапла каланă:

«1953 çулхи сентябрĕн 28-мĕшĕнче Совет Союзĕн правительстви Франци, Англи, Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительствисене, çакăсене шута илсе ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухма сĕнÿ тăратса, нота пачĕ:

1. Францин, Англин, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен, Совет Союзĕн тата Китай Халăх Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕнче тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатмалли мероприятисене сÿтсе явмалла;

2. Францин, Англин, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен тата Совет Союзĕн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕнче Германи ыйтăвне сÿтсе явмалла, çав шутра канашлăва хатĕрленнĕ вăхăтра кăларса тăратнă пур ыйтусене те сÿтсе явмалла.

Мана Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительстви çак сĕнĕве пĕтĕмпех ырласа йышăнни çинчен пĕлтерме полномочи пачĕ.

Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительстви çапла шутлать: Корейăра перемири туса хуни тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма лайăх условисем туса хучĕ тата тĕнчери мĕнпур ыйтусене мирлĕ калаçусем ирттернипе татса пама пулнине кăтартса пачĕ. Хальхи вăхăтра вăраха ямасăр татса памалли задачăсем çаксем пулаççĕ: Корейăра перемири çинчен тунă килĕшĕве пĕр пăрмаланмасăр пурнăçламалла тăвасси, агрессиллĕ вăрçă çĕнĕрен пуçланма пултарассине татăклăн сирсе ярасси, политикăлла конференцие хирĕç обструкци тăвас тата ăна пухма парас мар тĕлĕшпе тăвакан мĕнпур каварсене çĕмĕрсе тăкмалла тăвасси, ют çĕршывсен мĕнпур çарĕсене илсе тухасси çинчен тăракан, Корея ыйтăвне тата ытти ыйтусене мирлĕ майпа татса парасси çинчен тăракан ыйтусене калаçусем ирттернипе татса парас тесе, нейтральнăй çĕршывсене хутшăнтарнипе хăвăртрах политикăлла конференци пухма пулăшасси.

Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительстви çапла шутлать: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн пĕтĕм тĕнчери мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне хÿтĕлесе тăракан организаци пулса тăмалла, унăн Пĕрлешÿллĕ Штатсен агрессийĕн инструменчĕ пулса пымалла мар. Китай халăхĕ халăх демократи системине—Китай халăхĕн интересĕсене тивĕçтерекен, анчах Вашингтон влаçĕсен кăмăлне кайман система суйласа илнине курса, Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительстви Китай Халăх Республикине Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче хăйне тивĕçлĕ законлă вырăна йышăнма кансĕрлесе тăрать. Анчах та Китай Халăх Республики хутшăнмасăр тĕнчери нумай пысăк ыйтусене тата, чи малтан, Азие тивекен ыйтусене татса пама çук. Çавăнпа та пĕтĕм тĕнчере мир туса хурас тата халăхсен хăрушсăрлăхне хÿтĕлес тĕлĕшпе хăйĕн обязанноçĕсене чăннипех тивĕçлĕн пурнăçласа пыма Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕшĕн, чи малтан, Китай Халăх Республикине Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче хăйĕн законлă прависене пурнăçа вĕртме май пани питех те кирлĕ.

Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительстви тĕнчери мĕнпур тавлашусене калаçусем ирттернипе татса парас мирлĕ политика тата тĕрлĕ системăллă государствăсем пĕр-пĕрипе мирлĕн килĕштерсе пурăнас политика тытса пырать. Вăл, Инçет Хĕвелтухăçĕнче тата пĕтĕм тĕнчере мире тĕрекленес тесе, тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма ялан тăрăшать. Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительстви Совет Союзĕн правительстви пилĕк аслă державăсен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен панă сĕнĕве пĕтĕмпех ырласа йышăнать, кĕнеĕн тесен иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн мирпе халăхсем хушшинчи хăрушсăрлăх пирки тăракан пысăк ыйтусене татса парассишĕн пилĕк аслă держава—Франци, Англи, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем, Совет Союзĕ тата Китай Халăх Республики — ответлă пулса тăраççĕ. Çавăнпа та тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухни пĕтĕм тĕнчери мире юрататан çынсен ĕмĕтне тивĕçтерет».

# Венгрире мир заемĕ ăнăçлă сарăлнă

БУДАПЕШТ, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Венгрире октябрĕн 1-мĕшĕнче мир ячĕпе кăларнă тăваттăмĕш заема илме çырăнтарасси ăнăçлă иртнĕ. Венгри Халăх Республикин финанс министрĕ пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер заем çырăнтарас ĕç вĕçленнĕ. Тулли мар сведенисем тăрăх, çак заема 1.008.327.500 форинтлăх сарнă. Ăна пĕтĕмпе пĕр миллиард форинтлăх кăларнă.

## ПОЛЬШĂПА СОВЕТ СОЮЗĔ ХУШШИНЧИ ТУСЛĂХ УЙĂХЛĂХĔ ПУÇЛАННĂ

ВАРШАВА, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 8-мĕшĕнче Польша Халăх Республикинче Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхĕ пуçланнă. Уйăхлăх тăванла икĕ халăх хушшинчи туслăха малалла аслăлатса тĕреклетес лозунгпа иртет.

Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи уйăхлăх вăхăтĕнче чылай пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртнă. Сăмахран, Варшавăра совет çыннисен пурнăçĕпе ĕçри çитĕнĕвĕсем çинчен 6 пин ытла лекци ирттерме палăртнă. Предприятисенче, аслă шкулсенче, учрежденисенче уйăхлăх ячĕпе савăнăçлă ларусем ирттереççĕ, совет музыкин концерчĕсем пулаççĕ. Варшавăри нумай промышленность предприятийĕсенче Совет Союзĕнчи малта пыракансен ĕç меслечĕсемпе паллаштараççĕ. Уйăхлăх вăхăтĕнче Варшавăри общественность И. В. Сталин ячĕпе тăракан культурăпа наука дворецĕн строительствине пырса курма экскурсисем организацилет. Çавăн пекех Варшавăри ĕç çыннисем двореца тунă çĕрте ĕçлекен совет рабочийĕсемпе тĕл пулаççĕ.

Уйăхлăх вăхăтĕнче совет кинофильмĕсен фестивалĕ пулса иртет.

Польшăри хаçатсем уйăхлăх çинчен умстатьясем тата редакцирен çырнă статьясем пичетлесе кăларнă.

## Япони çарĕсен маневрĕ

ШАНХАЙ, октябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Японири радио пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Хоккайдо утравĕ çинче Япони «наципле хăрушсăрлăх» корпусĕн чăсĕсен кĕркуннехи маневрĕ пуçланнă. Маневра 10.000 çын тата 1.000 автомашина, бронемашина, танксем, çавăн пекех самолетсем хутшăнаççĕ.

Маневрта Америка, Англи, Филиппин, Таиланд тата ытти çĕршывсен çар атташесем пулнă.

## ПРОГРЕССИВЛĂ ПРОФСОЮЗСЕН ДЕЯТЕЛĔСЕНЕ ХĔСЕРЛЕÇÇĔ

АФИНЫ, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Авги» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, октябрĕн 7-мĕшĕнче Пирейăра «Грецири пĕрлĕхлĕ профсоюз юхăмĕ» текен прогрессивлă профсоюзăн Пирейăри организацийĕн генеральнăй секретарьне Андрей Коцоянниса арестленĕ.

Хăйне арестличчен темиçе кун маларах Коцояннис профсоюзсен Венăра пухăнакан пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресс ĕçне хутшăнма чĕнсе янă çыру илнĕ пулнă. Хаçат çапла çырать: Коцоянниса арестленĕ полици ăна пинĕлле айăпламалли сăлтав та тупайман. Çавăн çинчен Коцояннис адвокатне полици офицерĕ тÿрех каласа панă. Адвоката çапла каласа пĕлтернĕ: Коцояннис «хаçару ыйтса» çырнă заявлени çине алă пусас пулсан, ăна хăтарма пултараççĕ, унсăрăн ссылка яраççĕ.

«Грецири пĕрлĕхлĕ профсоюз юхăмĕн» Центральнăй Комитечĕ, Грецири ĕçсыннисен ячĕпе Коцоянниса ирĕке кăларма ыйтса, правительствăна протест панă.

# Нейтральнăй зонăра провокацисем тунине хирĕç

## Инди правительстви панă протест

ДЕЛИ, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Инди ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин представителĕ çапла каланă: Инди правительстви репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй государство представителĕсенчен уйăрса тунă комисси председателĕн ĕçĕсене туса пырассишĕн хăйĕн представителĕ ответлă пулнине пĕтерме шутламасть. Анчах та, тенĕ министерство представителĕ, Инди правительстви Кăнтăр Корейăн хĕçпăшаллă вăйĕсем Инди çарĕсем çине тапăнассипе хăратни çине пысăк тимлĕхпе пăхать.

Инди çарĕсем çине çакăн пек тапăнасси пулас мĕн пулсан, çакăншăн пĕтĕмпех ООН çарĕсен командованийĕ ответлă пулать, тенĕ заявленире.

Калькуттăра тухса тăракан «Басумати» хаçат редакци çырнă статьяра çапла калать: «Халĕ çакă пĕтĕмпех паллă пулса тăчĕ: США нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме туса хунă комиссие хăйĕн обязанноçĕсене пурнăçлама май туса парасшăн мар».

ЛОНДОН, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Делирен пĕлтернĕ тăрăх, Инди правительстви США тытса пыракан позици пирки Кăнтăр Корея хĕçпăшалпа хутшăнма хăратнинчен те ытларах пăшăрханать. Правительствăра тăракан паллă çынсенчен пĕри çапла каланă: «Инди Кăнтăр Корея çакнашкал ĕçсем тума пултарасса пĕтнĕ, анчах та вăл США государство секретарĕ Джон Фостер Даллес комисси ĕçĕ пирки çакăн пек иккĕленсе каласнне кĕтмен. Унăн комисси ĕçĕсем пирки кăмăлсăр пулни çинчен калама нимĕнле сăлтав та пулман».

## Репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси панă меморандум

ПЕКИН, октябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Бэсонран пĕлтернĕ тăрăх, нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме туса хунă комисси ĕнер хăйĕн меморандумĕнче американецсене 4 кун хушшинче тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕсем ирттерме кирлĕ вăхăтлăх лагерьсем туса хума е вĕсене Корея халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен вăйĕне тума ирĕк пама хушнă. «Репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси,—тенĕ меморандумра, — ăнлантару ĕçĕсем ирттермелли срока чакарас ĕçе хутшăвма шутламасть. ООН-ăн хĕçпăшаллă вăйĕсен командованийĕ ăнлантару ĕçĕсем тумалли срока тăсма килĕшмен пирки уйрăмах вăл çак ĕçе хутшăнма шутламасть».

Меморандумра çавăн пекех тата çакна кăтартса панă: американецсем Индин хурал çарĕсем тăракан районтан хĕвеланăç еннелле, демаркаци линийĕ тăрăх пыракан çула тума килĕшменни репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси валли çĕнĕрен йывăрлăх туса хурать, вăл Индин хурал çарĕсене хăйсен ĕçĕсене ăнăçлă пурнăçлама чăрмантарать.

Юлашкинчен меморандумра çапла каланă: репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси çакна пĕлесшĕн: «ООН-ăн хĕçпăшаллă вăйĕсен командованийĕ кирлĕ пек строительство ĕçĕсене 1953 çулхи октябрĕн 14-мĕшĕнче 09 сехет те 00 минутра туса пĕтерме хатĕр-и е çавăн пек тума шутлать-и, е, апла шутламасть пулсан, çак ĕçе тума Корея халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен командованине ирĕк парать-и?»

# Британи Гвианинчи лару-тăру пирки

ЛОНДОН, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Юлашки кунсенче Англире тухса тăракан хаçатсем Британи Гвианинчи лару-тăру пирки нумай çыраççĕ.

Британи Гвиани—Англин Кăнтăр Америкăри колонийĕ. Вăл 83 пин тăваткал миля йышăнса тăрать. Унта 437.022 çын пурăнать. Администрациле центр — Джорджтаун. Британи Гвиани—аграрлă çĕршыв. Ялхуçалăхĕнче акса тăвакан тĕп культурăсем—сахăр тростникĕ тата рис. Ют çĕршывсене вăл сахăр, ром, рис сутса пурăнать.

1953 çулта Британи Гвианинче çĕнĕ конституци йышăннă. Çак конституци тăрăх икĕ палатăран тăракан парламент туса хунă. Пĕри—кĕçĕн палата е пуху палати. Унта 24 суйланă член тата губернатор уйăрса лартакан 3 член тата скипер кĕреççĕ. Тепри—çÿлти палата е государство совечĕ. Унта губернатор уйăрса лартакан 9 член кĕрет. Кăçал апрель уйăхĕнче пулса иртнĕ парламент суйлавĕнче халăхăн прогрессивлă партийĕ çĕнтернĕ. Вăл пуху палатинче 24 вырăнтан 18 вырăн йышăннă.

Халăхăн прогрессивлă партийĕ хальхи конституцие çĕнĕрен пăхса тухассишĕн кампани пуçласа янă. Парти çакăн пек требовани лартать: законсем кăларнă чухне губернатор вето правипе усă курассине пĕтерсе лартмалла, государство советне пăрахăçа кăлармалла, пуху палатинчен губернатор уйăрса лартакан членсене кăлармалла. Сентябрь уйăхĕн вĕçĕнче парти парламента ĕçсыннисен анлă массисен шухăш-кăмăлне палăртса тăракан профсоюзсене обязательнăй йĕркепе йышăнмалла тăвасси çинчен закон проекчĕ тăратнă. Юлашки вăхăтра çĕршывра ĕç условийĕсене лайăхлатассишĕн тата профсоюзсене йышăнмалла тăвассишĕн забастовка вăйлăн сарăлнă.

Пуху палатин скиперĕ, конституци йĕркисене хирĕç пырса, профсоюзсем çинчен калакан закон проектне парламентра сÿтсе явма тăратма килĕшмен. Çавна пула парламентра кризис пуçланнă. Пуху палатин членĕсем—халăхăн прогрессивлă партийĕн членĕсем—çавна хирĕç протестлесе, ларуран тухса кайнă. Çав кунхинех Джорджтаунра митинг пулса иртнĕ. Митинга 5 пин çын хутшăннă.

Октябрĕн 6-мĕшĕнче Англи правительстви заявлени пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: «Юлашки вăхăтри лару-тăру пирки» правительство «Джорджтауна васкавлă йĕркепе тинĕс-çар тата çар вăйĕсем яма кирлĕ тесе шутларĕ... Кирлĕ пулсан, Пĕрлешÿллĕ Королевствăран татах çарсем ямалла пулать».

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Британи Гвианине крейсер тата фрегат пырса çитнĕ. Вĕсем Уэльски пехота полкне кĕрекен салтаксемпе офицерсене 500—600 çын илсе пынă. Октябрĕн 10-мĕшĕнче Британи Гвианине авианосец тухса кайни çинчен пĕлтернĕ. Авианосец çинче—горецсен арджильские сутерлендски полкĕн пĕрремĕш батальон салтакĕсемпе офицерĕсем каяççĕ.

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Джорджтаунран пĕлтернĕ тăрăх, халăхăн прогрессивлă партийĕ Британи Гвианине Англи çар карапĕсемпе çарсем янине сивлесе заявлени пичетлесе кăларнă.

## КĔСКЕН

★ Çĕнĕ витесем. Етĕрне районĕнчи Тимирязев ячĕпе тăракан колхоз 40 ĕне вырнаçмалăх çĕнĕ вите тата свинарник туса пĕтерчĕ. Халĕ кормокухня тăваççĕ.

Т. ЯРАНДАЙКИН.

★ Вулакансен йышĕ ÿсет. Калинино районĕнчи Кушар ялĕнчи библиотекăран тăтăшах кĕнекесем илсе вулакансен хисепĕ 400 çынтан иртет, 72 çулхи А. Чудаков колхозник кăçал 21 кĕнеке вуласа тухнă.

М. ПЕТРОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

# Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕ

## 6-мĕш хутчĕн ирттернĕ вылявăн СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи сентябрĕн 30-мĕшĕнче Мускав хулинче пулнă.

Таблицăра 200 тенкĕлĕх облигацисем çине выигрышсем тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур пилĕк разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрышсем тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 000585 | 1—50 | 5.000 | 051625 | 1—50 | 1.000 |
| 000956 | 43*) | 10.000 | 051745 | 08*) | 25.000 |
| 001834 | 11*) | 10.000 | 051875 | 1—50 | 400 |
| 003798 | 28*) | 25.000 | 052530 | 25*) | 50.000 |
| 004485 | 1—50 | 400 | 052827 | 1—50 | 400 |
| 004553 | 1—50 | 5.000 | 052993 | 01*) | 25.000 |
| 005291 | 1—50 | 400 | 053029 | 1—50 | 1.000 |
| 005711 | 49*) | 25.000 | 053116 | 1—50 | 400 |
| 005914 | 50*) | 10.000 | 053262 | 1—50 | 400 |
| 006755 | 1—50 | 1.000 | 053848 | 45*) | 25.000 |
| 007658 | 33*) | 10.000 | 054307 | 1—50 | 1.000 |
| 007734 | 1—50 | 400 | 054837 | 01*) | 10.000 |
| 008719 | 1—50 | 1.000 | 054921 | 1—50 | 1.000 |
| 008942 | 48*) | 25.000 | 055158 | 1—50 | 1.000 |
| 009364 | 1—50 | 1.000 | 056358 | 38*) | 10.000 |
| 012007 | 1—50 | 400 | 056971 | 10*) | 10.000 |
| 012592 | 1—50 | 400 | 057467 | 46*) | 10.000 |
| 012708 | 1—50 | 5.000 | 057511 | 31*) | 10.000 |
| 012807 | 01*) | 25.000 | 057919 | 40*) | 10.000 |
| 013431 | 32*) | 10.000 | 058378 | 1—50 | 400 |
| 013652 | 17*) | 10.000 | 059011 | 1—50 | 400 |
| 014736 | 07*) | 25.000 | 059378 | 43*) | 10.000 |
| 014887 | 1—50 | 400 | 059975 | 32*) | 10.000 |
| 015230 | 1—50 | 1.000 | 060062 | 1—50 | 1.000 |
| 016043 | 1—50 | 5.000 | 060451 | 1—50 | 1.000 |
| 016385 | 1—50 | 1.000 | 060461 | 05*) | 10.000 |
| 016517 | 05*) | 10.000 | 061213 | 1—50 | 1.000 |
| 017378 | 1—50 | 1.000 | 061363 | 1—50 | 1.000 |
| 017850 | 1—50 | 1.000 | 061740 | 1—50 | 400 |
| 018163 | 02*) | 10.000 | 063077 | 1—50 | 400 |
| 018300 | 17*) | 10.000 | 063178 | 1—50 | 1.000 |
| 018574 | 42*) | 10.000 | 064287 | 1—50 | 400 |
| 019158 | 1—50 | 400 | 064392 | 1—50 | 400 |
| 020743 | 1—50 | 5.000 | 064530 | 03*) | 10.000 |
| 021312 | 1—50 | 400 | 065985 | 09*) | 25.000 |
| 021793 | 29*) | 10.000 | 066110 | 02*) | 10.000 |
| 022309 | 25*) | 10.000 | 066173 | 1—50 | 400 |
| 023058 | 1—50 | 400 | 066205 | 1—50 | 5.000 |
| 023671 | 1—50 | 400 | 066714 | 1—50 | 400 |
| 023692 | 1—50 | 1.000 | 066720 | 1—50 | 1.000 |
| 024055 | 49*) | 10.000 | 066839 | 1—50 | 5.000 |
| 025009 | 1—50 | 400 | 067452 | 1—50 | 5.000 |
| 025046 | 11*) | 50.000 | 067457 | 07*) | 25.000 |
| 026289 | 1—50 | 5.000 | 070760 | 1—50 | 400 |
| 027280 | 1—50 | 400 | 071577 | 03*) | 10.000 |
| 027892 | 1—50 | 1.000 | 071957 | 30*) | 25.000 |
| 028242 | 39*) | 25.000 | 073162 | 1—50 | 1.000 |
| 028857 | 1—50 | 1.000 | 074072 | 47*) | 10.000 |
| 028918 | 1—50 | 400 | 075030 | 1—50 | 1.000 |
| 029432 | 1—50 | 400 | 075126 | 40*) | 25.000 |
| 029826 | 1—50 | 1.000 | 075127 | 25*) | 10.000 |
| 029998 | 25*) | 25.000 | 075653 | 50*) | 10.000 |
| 030122 | 1—50 | 1.000 | 075827 | 1—50 | 1.000 |
| 030799 | 15*) | 10.000 | 076420 | 1—50 | 400 |
| 031376 | 41*) | 10.000 | 077581 | 34*) | 10.000 |
| 031504 | 1—50 | 400 | 078136 | 44*) | 10.000 |
| 031753 | 1—50 | 1.000 | 078176 | 1—50 | 1.000 |
| 031940 | 20*) | 10.000 | 078378 | 16*) | 10.000 |
| 032046 | 1—50 | 400 | 079151 | 1—50 | 1.000 |
| 032782 | 34*) | 10.000 | 079291 | 40*) | 25.000 |
| 033908 | 1—50 | 1.000 | 079475 | 21*) | 10.000 |
| 033938 | 39*) | 25.000 | 079496 | 35*) | 10.000 |
| 034062 | 1—50 | 1.000 | 080695 | 1—50 | 400 |
| 035318 | 46*) | 10.000 | 080777 | 1—50 | 400 |
| 035463 | 1—50 | 5.000 | 080895 | 1—50 | 400 |
| 036187 | 34*) | 10.000 | 082025 | 13*) | 10.000 |
| 036699 | 1—50 | 400 | 082045 | 16*) | 25.000 |
| 037056 | 18*) | 10.000 | 082213 | 1—50 | 1.000 |
| 037461 | 16*) | 10.000 | 083418 | 1—50 | 1.000 |
| 037618 | 1—50 | 5.000 | 083447 | 02*) | 25.000 |
| 037792 | 42*) | 10.000 | 083712 | 1—50 | 400 |
| 038867 | 32*) | 25.000 | 085120 | 1—50 | 5.000 |
| 038876 | 1—50 | 400 | 085323 | 43*) | 25.000 |
| 038894 | 1—50 | 400 | 088491 | 1—50 | 400 |
| 039439 | 36*) | 10.000 | 088695 | 1—50 | 1.000 |
| 041088 | 1—50 | 400 | 088832 | 47*) | 10.000 |
| 041270 | 15*) | 10.000 | 089026 | 32*) | 10.000 |
| 041306 | 47*) | 100.000 | 089415 | 1—50 | 1.000 |
| 041386 | 46*) | 10.000 | 089462 | 1—50 | 400 |
| 041529 | 10*) | 10.000 | 089909 | 21*) | 10.000 |
| 041537 | 1—50 | 1.000 | 090005 | 15*) | 10.000 |
| 041567 | 35*) | 50.000 | 090139 | 49*) | 10.000 |
| 041621 | 28*) | 10.000 | 090818 | 1—50 | 400 |
| 041797 | 1—50 | 1.000 | 091004 | 13*) | 25.000 |
| 041881 | 35*) | 10.000 | 092614 | 1—50 | 400 |
| 041981 | 1—50 | 400 | 092766 | 40*) | 10.000 |
| 042488 | 1—50 | 1.000 | 092848 | 48*) | 10.000 |
| 042541 | 1—50 | 1.000 | 092864 | 50*) | 50.000 |
| 042809 | 1—50 | 400 | 093014 | 38*) | 10.000 |
| 043014 | 1—50 | 1.000 | 093049 | 06*) | 10.000 |
| 043183 | 35*) | 10.000 | 093271 | 47*) | 10.000 |
| 043315 | 1—50 | 1.000 | 093487 | 22*) | 10.000 |
| 043395 | 09*) | 10.000 | 094048 | 12*) | 10.000 |
| 043767 | 43*) | 10.000 | 094469 | 1—50 | 400 |
| 043891 | 45*) | 10.000 | 094552 | 1—50 | 400 |
| 043963 | 1—50 | 5.000 | 094729 | 03*) | 10.000 |
| 044171 | 1—50 | 1.000 | 094735 | 30*) | 10.000 |
| 044452 | 1—50 | 5.000 | 094742 | 36*) | 25.000 |
| 044847 | 1—50 | 1.000 | 095714 | 30*) | 10.000 |
| 044992 | 1—50 | 400 | 095749 | 1—50 | 400 |
| 045065 | 1—50 | 400 | 095806 | 43*) | 25.000 |
| 045260 | 19*) | 10.000 | 096636 | 34*) | 10.000 |
| 046413 | 30*) | 10.000 | 096840 | 29*) | 25.000 |
| 046476 | 1—50 | 1.000 | 097745 | 32*) | 10.000 |
| 046597 | 1—50 | 400 | 097771 | 1—50 | 400 |
| 047048 | 1—50 | 1.000 | 097899 | 03*) | 10.000 |
| 047152 | 50*) | 10.000 | 097972 | 1—50 | 400 |
| 047295 | 1—50 | 5.000 | 098293 | 1—50 | 400 |
| 047674 | 1—50 | 400 | 098478 | 1—50 | 5.000 |
| 048539 | 1—50 | 400 | 098905 | 22*) | 10.000 |
| 048755 | 29*) | 10.000 | 098913 | 1—50 | 1.000 |
| 049712 | 47*) | 10.000 | 099186 | 1—50 | 400 |
| 050228 | 50*) | 10.000 | 099582 | 1—50 | 400 |
| 050236 | 02*) | 10.000 | 099802 | 01*) | 10.000 |
| 050857 | 42*) | 25.000 | | | |
| 050378 | 03*) | 50.000 | | | |

*) Çак серири облигацисен ытти 49 номерĕ çине 400-шер тенкĕ выигрыш тухнă.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—6-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—8-54, промышленность пайĕ—8-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-90, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-07, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09009 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2240. Тираж 20000 экз.